ПЕТЕМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Август
19
ЮНКУН
№ 162 (9071)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Çурт-йĕр тăвакансен халăх умĕнчи тивĕçĕ

Пирĕн Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви мĕнпур ĕçе çĕршывăн халăх хуçалăхне пĕрмай аталантарса пырас тата ĕçсыннисен пурнăçне мĕнпур майсемпе лайăхлатас тĕллевпе туса пыраççĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе йышăннă директивăсенче халăх хуçалăхне малалла вăйлатса пынипе пĕрлех ĕçсыннисен пурнăçне культура шайне ÿстерес енĕпе нумай ĕçсем тума палăртнă. Тĕслĕхрен, çĕнĕ пилĕкçуллăхра çĕршывра коммунальнăй строительство пысăкăшĕ тăваттăмĕш пилĕкçуллăхпа танлаштарсан икĕ хута яхăн ÿсет.

Çĕнĕ строительство пысăкланса пынине эпир хамăр республикăри ĕçсенчен те лайăх куратпăр. Коммунальнăй хуçалăх министерстви енĕпе Чăваш республикине 1953 çулта пурăнмалли çуртсем лартма иртнĕ çулхинчен виçĕ хут ытларах, коммунальнăй тата культурăпа йăла строительстви валли икĕ хут ытларах укçа-тенкĕ уйăрса панă. Кусемсĕр пуçне тата больницăсемпе шкулсем тума та совет правительстви иртнĕ çулхинчен чылай нумайрах укçа панă.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ ĕçсыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене ытларах та хăвăртрах лайăхлатмалла тăвас тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви йышăннă мерăсем çинчен каласа пачĕ. Рабочисемпе колхозниксем тата совет интеллигенцийĕ СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ йышăннă законсене тата Г. М. Маленков юлташ сăмахне чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Малашне ĕçсыннисене куллен кирлĕ япаласене ытларах та лайăхрах туса кăларнипе пĕрлех, пурăнмалли çуртсем тăвасси, больницăсемпе шкулсем лартасси, хуласемпе рабочи поселоксене лайăхлатасси анлăн пулса пымалла.

Пирĕн совет органĕсемшĕн тата хуçалăх организацийĕсемшĕн строительство ĕçĕ пĕртте çĕнĕ ĕç мар. Вăрçăченхи çулсенче, уйрăмах вăрçă хыççăнхи çулсенче пурăнмалли çуртсем нумай лартнă. Акă, илер тĕслĕхрен, хамăр республика столицине — Шупашкар хулине. Юлашки вис-тăватă çул хушшинче лартнă пысăк çуртсем унăн сăн-сăпатне тĕпренех улăштарчĕç. Çавăн пекех район центрĕсенче те чылай çĕрте çĕнĕ çуртсем аякранах курăнаççĕ. Анчах, çапла пулин те, республикăри строительство хăвăртлăхĕ паян куна ниепле те тивĕçтерейместь. Хăшпĕр министерство руководителĕсем строительство ĕçне çителĕксĕр ертсе пынă пирки, 1953 çулхи капитальнăй строительство выранти хуçалăх енĕпе пачах çителĕксĕр пулса пырать; пурăнмалли коммунальнăй çуртсем тăвасси, çĕнĕ шкулсемпе больницăсем лартасси, уйрăмах тата хула пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем кăçал чăтма çук юлса пыраççĕ.

Вырăнти хуçалăх енĕпе 1953 çулта тумалли строительство ĕçĕсене малтанхи çур çул хушшинче республикăра мĕн пурĕ те 28 процент кăна тултарнă. Больницăсемпе çĕнĕ шкулсем тăвасси вара татах та вăраххăн пулса пырать. Чăваш АССР Сывлăх министерстви (министрĕ В. Г. Ефимова юлташ) енĕпе кăçалхи строительство планне 19,1 процент çеç тултарнă. Вăрмарпа Тăвайра кăçал çĕнĕ больницăсем лартмалла. Министерство япăх ертсе пынă пирки тата райсовет исполкомĕн председателĕсем строительство ĕçне кирлĕ пек хутшăнман пирки больницăсен çурчĕсене лартас ĕç кая юлса пырать.

Сутĕç министерстви (министрĕ А. М. Токарев юлташ) енĕпе кăçалхи строительство планĕ пурнăçланмасăр юлас хăрушлăх тухса тăрать—çулталăкри плана çур çул хушшинче 5,7 процент кăна тултарнă. Çакăн пирки Сутĕç министерстви тата вырăнти Совет исполкомĕсем çинчен мĕн каламалла-ши? Ку вăл çĕнĕ шкулсемшĕн кирлĕ пек хĕрешмени пулмасть-ши?

Пурăнмалли çуртсемпе культура тата йăла учрежденийĕсен çурчĕсене тăвасси техникăлла е хуçалăхла ĕç çеç мар. Вăл совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатма пулăшакан ĕç, вăл пирĕн Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин политикине пурнăçлама май паракан ĕç. Строительство планĕ — государствăпа парти задани йĕ. Строительство ĕçĕ вăл—политикăлла ĕç. Республикăра строительство ĕçĕ юлса пыни чи малтанах çав ĕçе министерствăсемпе ведомство руководителĕсем тивĕçлĕ хакламаннинчен килет.

Шупашкарта хула халăхĕ электричество линийĕсем йĕркеллĕ мар пулнине тата водопровод çитменнине туйса пурăнать. Çав çитменлĕхе пĕтерме правительство кăçал сахал мар укçа-тенкĕ уйăрса панă. Анчах Шупашкарти Водосвет (директорĕ Благодатских юлташ) васкаман пирки тата хула Совет исполкомĕ (председателĕ Енчиков юлташ) куллен ертсе пыман пирки, хулара çав малта каланă ĕçсене тума июль уйăхне çитиччен те тытăнман пулнă. Хулана лайăхлатас ĕçсем малалла та çавăн пек вăрах пулса пырсан, паллах, хула халăхĕн законлă ыйтăвĕсене туллин тивĕçтересси çинчен каласма та çук.

Строительство ĕçне ертсе пырассине министерствăсемпе ведомствăсен тата вырăнти совет органĕсен руководителĕсен малашне тĕпрен лайăхлатмалла. Кашни строительство палăртнă график тăрăх пулса пытăр, çитменлĕхсем çийĕнчех пĕтсе пыччăр.

Строительство ĕçне çăмăллатма, ĕçе хăвăрт та лайăхрах тума Тăван çĕршыв строительсене тĕрлĕрен механизмсем нумай пачĕ. Анчах строительство организацийĕсем çав механизмсене ĕçе ямаççĕ. Тĕслĕхрен, «Чувашстрой» тресчĕ (управляющийĕ Куприянов юлташ) аллине панă çĕнĕ техникăпа строительство ĕçĕнче çителĕксĕр усă курать, çавăнпа та рабочисен ĕç тухăçлăхĕ пысăк мар, ĕç графикĕ пурнăçа кĕмесĕр юлать, тунă ĕç ытлашши хакла ларать. Строительство организацийĕсен хăйсен ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла, строительствăра экскаваторсемпе, лебедкăсемпе, крансемпе тата ытти механизмсемпе ытларах ĕçлемелле тăвас пулать.

Строительство ĕçĕ ăнăçлă пулса пырасси строительство материалĕсем хатĕрлекен организацисен ĕçĕнчен те нумай килет. Калас пулать, Вырăнти тата топливо промышленность министерстви, çавăн пекех тата строительство материалĕсен промышленность управленийĕ республикăри стройкăсене кирлĕ материалсене вăхăтра тата çителĕклĕ тăратаймаççĕ. Çав учрежденисен руководителĕсен те (Стуриковпа Репкин юлташсен) малашне хăйсен ĕçне лайăхлатмалла.

Парти организацийĕсен задачи — строительство организацийĕсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăрасси, строительствăра ĕçлекенсем хушшинче политикăлла ĕçе сарса пырасси. Ĕç графикне тултарассишĕн, пĕтĕм строительство ĕçне срокчен туса çитерессишĕн строительсем хушшинче социализмла ăмăрту сарса яни кирлĕ. Строительство ĕçĕнче малта пыракансен опычĕ çинчен кашни строитель лайăх пĕлтĕр, çав опытпа кашниех ĕçре усă куртăр.

Халăх пурнăçне хăвăрт лайăхлатса пырас тĕлĕшпе Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви мĕн кирлине пурне те тăваççĕ. Ĕçсыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатма май паракан строительство ĕçĕсен планне тултарасси халĕ ĕнтĕ министерствăсемпе ведомствăсенчен, вырăнти совет тата парти организацийĕсем çав ĕçе мĕнле ертсе пынинчен килет. Пурăнмалли çуртсемпе культура учрежденийĕсен çурчĕсене тата коммунальнăй предприятисем тумалли плана тултармалла тăвасси — совет органĕсемпе парти организацийĕсен тивĕçĕ.

# Кĕрхи тырăсене хăвăрт акса пĕтерер, уйри тырпула васкаса пухса кĕртер!

ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕМ АВГУСТĂН 15-мĕшĕ ТĔЛНЕ СИЛОС ХЫВМАЛЛИ ПЛАНА МĔН ЧУХЛĔ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН

СВОДКА

(процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Силос хывнă | Силос культурисем пухнă |
|---|---|---|
| Чкаловски | 89 | 98 |
| Шăхасан | 63 | 100 |
| Елчĕк | 62 | 100 |
| Комсомольски | 57 | 80 |
| Шупашкар | 56 | 96 |
| Вăрнар | 54 | 99 |
| Йĕпреç | 54 | 86 |
| Калинино | 49 | 66 |
| Муркаш | 52 | 94 |
| Ишлей | 46 | 70 |
| Красноармейски | 44 | 93 |
| Пăрачкав | 41 | 79 |
| Вăрмар | 41 | 89 |
| Канаш | 41 | 96 |
| Хĕрлĕ Чутай | 39 | 100 |
| Сĕнтĕр | 39 | 85 |
| Çĕрпӳ | 39 | 71 |
| Чурачăк | 36 | 87 |
| Çĕмĕрле | 35 | 38 |
| Октябрьски | 33 | 84 |
| Первомайски | 33 | 74 |
| Кувакино | 30 | 73 |
| Куславкка | 31 | 55 |
| Улатăр | 29 | 30 |
| Советски | 29 | 94 |
| Сĕнтĕрвăрри | 29 | 75 |
| Элĕк | 28 | 75 |
| Тăвай | 27 | 53 |
| Етĕрне | 25 | 49 |
| Шăмăршă | 19 | 34 |

## Лайăх пухса кĕртеççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Районти «Пионер», Калинин ячĕпе тăракан, «Красная поляна», «Новая сила» колхозсем иртнĕ çул техникăлла культурăсене вăхăтра пухса кĕртрĕç, вĕсен продукчĕсене государствăна парса пысăк тупăш илчĕç.

Асăннă колхозсем техникăлла культурăсенчен кăçал та пысăк тупăш илме тăрăшаççĕ. Калинин ячĕпе тăракан колхоз 16,5 гектар çинчи йĕтĕне 4—5 кун хушшинче татса пĕтерчĕ. Шверник ячĕпе тăракан колхозра техникăлла культурăсем акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен бригада (бригадирĕ В. Михайлов юлташ) 13 гектар çинчи пусана кĕске вăхăтра татса шывра хутса кăларчĕ. Бригада членĕсем 20 гектар çинчи йĕтĕне татса пĕтерчĕç, халĕ ăна шыва хутаççĕ.

Техникăлла культурăсене пухса кĕртес ĕç çавăн пекех «Пионер», Карл Маркс ячĕпе тăракан. «Комсомолец», «Большевик» колхозсенче те ăнăçлă пырать. Ку колхозсенче пуса тата йĕтĕн татса пĕтернĕ, халĕ пултарма шыва хутаççĕ.

А. ТУКМАКОВ.

## Ĕçе вăхăтра, тирпейлĕ тăвар!

Пирĕн ялхуçалăх артелĕн членĕсем, Совет Союзĕнчи нумай миллионлă халăхпа пĕрле, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене тата Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмаха хапăл туса кĕтсе илчĕç. Колхозниксемпе колхозницăсем Совет государствин 1953 çулхи бюджетне тата ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă çĕнĕ закона тулли кăмăлпа ырлаççĕ, халăх хуçалăхне малалла аталантарма, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма тăрăшнăшăн Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине чĕререн тав тăваççĕ.

Пирĕн колхозниксем ялхуçалăх налогĕ çинчен кăларнă закона хăйсем хушшинче сӳтсе яврĕç. Аслă закон! Вăл ял ĕçченĕсене пуян та культурăллă пурăнма çул уçса парать. Колхозсен пуянлăхĕ, колхозниксен тупăшĕ ӳсни колхоз пасарне апат-çимĕç нумайрах кăларма май парать.

Пирĕн артель членĕсем СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмаха радиопа итлерĕç, халĕ хаçатсенче вулаççĕ. Ялхуçалăхне çĕклессишĕн кĕрешесси — пĕтĕм совет халăхĕн ĕçĕ, терĕ Г. М. Маленков юлташ. Партипе правительство ялхуçалăхне аталантарма кирлĕ ĕçсене тăваççĕ. Колхозсене çĕнĕ техникăпа минераллă удобренисем парса тăрасси ӳсмелле, ялсене электрификацилесси вăйланмалла, колхозсенче ялхуçалăх специалисчĕсем нумайрах пулмалла. Правительство çĕрулми, пахча çимĕç туса илес, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçсене хăвăрт вăйлатма тăрăшать.

Сесси йышăннă решенисем çине, Г. М. Маленков юлташăн сăмахĕ çине эпир мĕнпе ответлетпĕр-ха? Мĕнле ĕçлеççĕ ял ĕçченĕсем хальхи хĕрӳллĕ тапхăрта?

Пирĕн задача—тырпула хăвăрт, пĕр тăкаксăр пухса кĕртесси. 164 гектар ыраша, 64 гектар кĕрхи тулла эрне хушшинче вырса пĕтертĕмĕр. Вăл шутран 200 гектар çинчи кĕлтесене итем çине турттарса çапма ĕлкĕртĕмĕр. Халĕ колхозниксен пысăк пайĕ çуртырри пуссисенче ĕçлет. Çуртыррисенчен пăрсапа урпана пĕтĕмпех пухса кĕртнĕ. Сĕлĕпе çурхи тулă та нумаях юлман ĕнтĕ. Артель тырă вырса кĕлте кĕртес ĕçсене паян-ыран вĕçлет.

Çакна манма юрамасть,—тенĕ Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмахра,—пирĕн çĕршыв, пирĕн колхозниксем выраченхи тырпулпа мар, пухса кĕртсе амбарсене хывнă тырпулпа пуян пулма пултараççĕ. Пирĕн ял çыннисем хăйсен ĕçченлĕхĕпе кăна мар, типтерлĕхĕпе те палăрса тăраççĕ. Кӳршĕллĕ колхозсенчен социализмла ăмăрту договорне тĕрĕслеме килсен, пирĕн артель хирĕсенче тăккаланчăксем çуккинчен тĕлĕнеççĕ. Чăнах та, тырă вырнă хыççăн е кĕлте турттарса кайнă хыççăн тăккаланчăксем юлнине курма çук. Çакă вăл колхозра ĕç пахалăхĕшĕн çине тăрса кĕрешнинчен килет. Бригадир колхозникăн ĕç пахалăхне, председатель бригадăн ĕç пахалăхне хаклаласа йышăнасси пирĕн артельте пурнăçланать. Кашни пĕрчĕ тырă пӳлмене кĕтĕр!—çавăншăн кĕрешеççĕ колхозниксем.

Колхозра авăн çапас, тырă тасатас ĕçсене пĕтĕмпех механизациленĕ. Артель гидростанцийĕ тата Куславккари çуртсем тăвакан завод паракан электроэнерги вăйĕпе висĕ итем çинче авăн çапатпăр. Пирĕн колхоз—районти сортлă вăрлăх хатĕрлекен хуçалăх. Çавăнпа вăрлăха çийĕнчех тасатса пĕрремĕш класлă кондицие çитеретпĕр. Государствăна тырă парас ĕç те ăнăçлă пырать.

Тырпула пухса кĕртнипе тата ăна государствăна панипе пĕр вăхăтрах кĕрхи тырăсем акатпăр. Кăçал ырашпа кĕрхи тулла пĕтĕмпех хĕреслĕ майпа тата ансăр ретлĕн те акса хăваратпăр.

Сесси йышăннă решенисемпе Г. М. Маленков юлташ сессире тухса каланă сăмах колхозниксен ĕçри активлăхне ӳстерчĕç. Ĕçлеме пултаракансем пурте, пĕр çын юлмиччен, артель ĕçне хутшăнаççĕ. Тырпул пухса кĕртекенсем ир пуçласа каçченех уй-хирте ĕçлеççĕ, чылайăшĕсем нормăна ирттерсе тултараççĕ. Н. Макарова, Л. Осипова, А. Сергеева, М. Данилова, Е. Сорокина, К. Кошкина тата ытти вуншар колхозницăсем ыраш вырнă чухне тухăçлă ĕçлерĕç. Утмăл çултан иртнĕ Матвей Семеновичпа Филипп Иванович стариксем çамрăксенчен юлмасăр ĕçлеççĕ. Кашни колхозникпа колхозница ĕçкунĕсен минимумне тултарассишĕн кĕрешет.

Пирĕн артель обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнă. Анчах тупăшĕ çителĕксĕр-ха. Выльăх-чĕрлĕх тупăшне ӳстерес тесен, паллă ĕнтĕ, апат çителĕклĕ хатĕрлемелле. Эпир улăх утине вăхăтра çулса капана хыврăмăр. Утă тухăçлă пулчĕ, вăтам шутпа кашни гектартан 25-шер центнер тухрĕ. Утă-улăм пурри кăна çителĕксĕр-ха, унсăр пуçне сĕтеклĕ апатсем нумай кирлĕ. Ку тарăнчен 200 тонна ытла силос хывнă. Ку ĕç малалла пырать. Кăçал çĕрулмипе тымарçимĕçсем те, вĕсене вăхăтра пуçтарса илсен, выльăхсене хĕл каçарма çитмелле.

Пирĕн колхоз членĕсем, партипе правительство ялхуçалăхне çĕклессишĕн тăрăшни çине ответлесе, тырпула вăхăтра пухса кĕртĕç, государствăна срокчен тырă парса татĕç.

Я. РУССКИН.

Куславкка районĕнчи «Динамо» колхоз председателĕ.

## Транспорт бригадинче

КОМСОМОЛЬСКИ. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз итемĕ çинче шурăмпуç килсенех хĕрӳ ĕç пуçланчĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем хаваслăн ĕçлеççĕ. Пĕр тикĕс ĕçлекен молотилка барабанĕ умĕнче тăракан çамрăксем юрла-юрла молотилка ăшне ыраш кĕлти яраççĕ. Колхоз председателĕ Волков тата транспорт бригадин бригадирĕ Гибаев юлташсем трактор молотилкăна мĕнле ĕçлеттернине сăнаса ларакан И. Чебаков тракторист патне пычĕç.

— Ĕç мĕнле пырать?—ыйтрĕ председатель.

— Начар мар, машинăсем лайăх ĕçлеççĕ, колхозниксем тата та лайăхрах,—савăнăçлăн ответлерĕ тракторист.—Енер 15 тонна çапрăмăр, нормăна ирттерсе тултартăмăр, паян тата ытларах çапас тетпĕр. Унсăрăн транспорт бригадинче ĕçлекенсем кӳренеççĕ.

Итем çинче хĕрӳ ĕç пĕр самантлăха та чарăнмасть. Пĕрисем михĕсем çине ыраш тултараççĕ, теприсем — тулли михĕсене лавсем çине тиеççĕ. Уй-хир бригадирĕ И. Хораськин юлташ та унтах, вăл кĕсĕр пĕрре те куç хупман, халĕ транспорт бригадинче ĕçлекенсене пулăшать. Вăл çамрăксемпе шӳтлет, вĕсене хавхалантарать, ĕçлеме вĕрентет. Хораськин юлташ ертсе пыракан уй-хир бригади колхозра пур ĕçре те малта пырать: кĕрхи тырăсене пуринчен малтан пухса кĕртрĕ, пăрçа çапса пĕтерчĕ, тулăпа сĕлĕ вырас ĕçе вĕçлесе пырать.

Ирхине ирех тулли тиенĕ лавсем Канаш еннелле çул тытрĕç. Тепĕр кунне вара тырă лесме тата 15 лав тухса кайрĕç. Икĕ кун хушшинче колхоз государствăна 94 центнер тырă пачĕ, пилĕккунлăхри графика ирттерсе тултарчĕ.

Е. Гибаев юлташ ертсе пыракан транспорт бригади татти-сыпписĕр тырă лесет. Бригадăра ĕçе тĕрĕс йĕркеленĕ. 30 лавран 15 лавпа пĕр талăк хушшинче Канаша кайса килеççĕ. Вĕсем таврăнсанах тепĕр 15 лавпа тырă лесме тухса каяççĕ. Бригадир Гибаев юлташ тырă тиенĕ çĕрте те, çул çинче те, тырă панă çĕрте те пулма ĕлкĕрет.

Н. КВАСОВ,
Л. ТАЛЛЕРОВ.

## Çитес çулхи вăйлă тырпулшăн

ЧКАЛОВСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхозăн ырашпа кĕрхи тулă 207 гектар акса хăвармалла. Çак лаптăка 1.020 тонна тислĕк кăларса, ирхи сĕртме вăхăтра туса хăварнă, çу каçа тракторсемпе висĕ хут культиваци туса çемçе те таса тытса тăнă.

Халĕ кĕраки ăнăçлă пырать. Трактор сеялки кунĕн-çĕрĕн ĕçлет. Колхоз пĕтĕм лаптăк çине пысăк пахалăхлă вăрлăхсем—«Казанская» сортлă ыраш, «Ульяновка» сортлă тулă акать, çак ĕçе августăн 20-мĕшĕ тĕлне вĕçлет.

И. ТАРАСОВ.

Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# Паянхи Кӳкеç

Кӳкеç — Шупашкар районĕн центрĕ. Вăл анлă Атăлăн сылтăм енче, Шупашкартан 14 километр кăнтăралла вырнаçнă. Республикăн столиципе Кӳкеç хушшинче пысăк автобуссем пассажирсем илсе çӳреççĕ.

1931-мĕш çултанпа Кӳкеç район центрĕ. Çак вăхăт хушшинче Кӳкеç ӳссе саралса, тĕпренех улшăнса çĕнелчĕ. Халĕ районти учрежденисем вырнаçнă вырăнта вăрман пулнă. Сывăхра нимĕнле строительство та пулман. Халĕ çак вырăнта, ем-ешĕл вăрман суммипе çĕнĕ Кӳкеç ӳсрĕ.

Ахальтен мар ĕнтĕ кунта çулсеренех районти ĕçсыннисем хăйсен уявне—акатуй ирттереççĕ. Çак уява Шупашкартан та сахал мар ĕçсыннисем килсе каяççĕ.

Халĕ Кӳкеçре культура çурчĕ, киностационар, кĕнеке магазинĕ, темиçе библиотека ĕçлет. Район центрне, çывăхри Ильич ячĕпе, Чкалов ячĕпе тăракан колхозсене электрификациленĕ.

Кӳкеç кунран-кун ӳссе пырать. Илемлĕ те çĕнĕ çурт-йĕрсен йышĕ нумайланать. Кăçал типовăй проектпа икĕ хутлă вăтам шкул, пĕр вăхăтрах 50 çын апатланмалăх çĕнĕ чайнăй, пысăк аптека çурчĕсене тăваççĕ. Пĕлтĕр автопавильон тунă.

Совет влаçĕ тунăранпа Кӳкеç поселокĕнче вăтам шкул (унта 700 ача вĕренет), райпромкомбинат, Совет Союзĕн Маршалĕ Говоров ячĕпе тăракан ача çуртĕ, икĕ корпуслă больница, ачасен сачĕпе ясли, çу завочĕ, стадион туса ĕçе янă.

Шупашкар районĕ—ялхуçалăх районĕ. Колхозлă ял ĕçченĕсем тырпул туса илес, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ытларах ĕçлеççĕ. Районта вунă промартель, машина-трактор станцийĕ пур. МТС-ри комбайнсемпе тракторсен паркĕ çултан-çул ӳссе пырать. Государство МТС-а çулсеренех çĕнĕ те хăватлă техникăпа пуянлатать, ДТ-54 маркăллă тракторсем, комбайнсем, МК-1100 маркăллă молотилкăсем, трактортан кăкарса ĕçлемелли плугсем, сеялкăсем, çĕрулми кăлармалли машинăсем парса пулăшать. МТС хăйĕн техникипе колхозсене пур тĕрлĕ ĕçсенче те пулăшать.

Район территорийĕнче Çавал шывĕн юпписем—Йĕршшупа Кăкшăм юханшывĕсем юхса выртаççĕ. Йĕршшу çинче колхозсен вăйĕпе икĕ гидроэлектростанци туса лартнă. Электричество вăйĕпе колхоз производствинче анлăн усă кураççĕ.

Район центрĕнчи больницăра, чирлĕ çынсем сывалмалли стационарта койкăсен хисепĕ çултан-çул нумайланса пырать. Медицина работникĕсем халăх сывлăхне упрассишĕн чĕререн тăрăшса ĕçлеççĕ. Больница амбулаторинче ăш чирĕсенчен сыватмалли, хирурги, шăл кабинечĕсем пур. Кунта П. Васильев главнăй врач хăйĕн пĕтĕм вăйĕпе пултарулăхне парса ĕçлет. Вырăнти Советсен иртнĕ суйлавĕнче ăна виççĕмĕш хут ĕçсынни депутачĕсен район Советне депутата суйларĕç.

Райцентрти ветеринари лечебници те пысăкланса пырать.

Кӳкеçре 8 магазинпа ларек пур. Кунта раймаг, апат-çимĕç, промышленность таварĕсен магазинĕсем тата ыттисем те ĕçлеççĕ. Культура çуртĕнче, МТС-ра буфетсем уçнă.

Кӳкеç сывăхĕнчи Апашăн ĕлĕкхи çăвине 1925 çулта В. Ф. Смолинăн экспедицийĕ чавса пăхнă. Çак экспедици авалхи чăвашсен йăлипе культурине тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе пысăк ĕç тунă. Çакăн çинчен «Апаш культури» темăпа тĕнче культурин пуянлăхне кĕртсе çырнă.

Шупашкар районĕ — граждан вăрçин легендарлă геройĕ В. И. Чапаев çуралнă район. Вăл Будайка ялĕнче çуралнă.

Рабочисемпе служащисен килĕсенче, хваттерĕсенче радио тата электричество пур. Калас пулать, район центрĕпе кӳршĕ Ильич ячĕпе, Чкалов ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем те хăйсен килĕсене радиофикациленĕ тата электрификациленĕ.

Шупашкар районĕн центрĕ — Кӳкеç çулсеренех ӳссе, чечеклене пырать. Мĕншĕн тесен пирĕн юратнă партипе правительство халăх телейне ырлăхĕшĕн, халăхăн пурнăçне экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен кунран-кун лайăхлатассишĕн тăрăшаççĕ.

М. ЗАЙЦЕВ.
КПСС Шупашкар райкомĕн секретарĕ.

Шупашкар районĕн центрĕ—Кӳкеç.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Культура çурчĕ (сулахайри), амбулатори (сылтăмри).
П. ЕФРЕМОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Совет Çоюзĕнчи Хĕрлĕ Хĕрес Греци халăхне панă пулăшу

Юлашки кунсенче çĕр чĕтренипе Грецин Кефаллини, Итака, Закинф утравĕсем çинче пурăнакан халăх пысăк сиен курнă. Çак утравсем çинчи чылай хуласемпе ялсем пĕтĕмпех ишĕлсе пĕтнĕ, вилнисем нумай, пиншер çынсем çурт-йĕрсĕр, апат-çимĕçсĕр тăрса юлнă.

Совет Союзĕнчи Хĕрлĕ Хĕрес çĕр чĕтренипе инкек курнă Греци халăхне пулăшма решени йышăннă, Грецири Хĕрлĕ Хĕресĕн Исполнительнăй Комитетне çакăн пек телеграмма янă:

«ССР Союзĕнчи Хĕрлĕ Хĕреспе Хĕрлĕ Çурлăх Обществисен Союзĕн Исполнительнăй Комитечĕн Президиумĕ, совет общественноçĕ ячĕпе, Кефаллини, Итака, Закинф утравĕсем çинчи инкек курнă Греци халăхне чĕререн хĕрхенни çинчен пĕлтерет.

Çĕр чĕтренипе инкек курнă халăхăн пурнăçне çăмăллатас тесе, Совет Союзĕнчи Хĕрлĕ Хĕреспе Хĕрлĕ Çурлăх Обществисен Союзĕ Грецири Хĕрлĕ Хĕресĕн Исполнительнăй Комитетне 250 пин тенкĕ ярса парать.

ССР Союзĕнчи Хĕрлĕ Хĕреспе Хĕрлĕ Çурлăх Обществисен Союзĕн Исполкомĕн Президиумĕ
Василий ХОЛОДКОВ.

## Государствăна—пахча çимĕç тата çĕрулми

РЯЗАНЬ. Облаçри колхозсем государствăна пахча çимĕç тата ир пулса çитекен çĕрулми пама тытăннă. Хатĕрлев пункчĕсене пиншер тонна хăяр, помидор, купăста, çĕрулми, кишĕр, хĕрлĕ кăшман çеçсе панă ĕнтĕ.

Колхозсенче пахча çимĕçсене тăваткал кĕтеслĕ меслетпе лартса-туса илесси анлăн сарăлнă. Çакă вăл гектар пуçне 50—80 центнер ытларах пахча çимĕç туса илме май панă.

# Совет Правительстви Германи ыйтăвĕ тĕлĕшпе Франци, Великобритани тата США правительствисене панă нота

Совет Правительстви Франци Правительствине, çавăн пекех Англипе США правительствисене те, тепĕр хут çакăн пек йĕркесĕрлĕх çинчен асăрхаттарма кирлĕ тесе шутлать: Европăра вăрçă пĕтнĕренпе сакăр çул иртрĕ пулин те, Германипе мирлĕ договор çук, вăл хĕвеланăçпа хĕвелтухăç пайĕсене пайланса тăрать, ытти государствăсем тĕлĕшпе пĕр тан мар правăллă пулса юлать. Çакă вăл мире юратакан халăхсем Европăра мире тĕреклетме тăрăшнине хирĕç пырать тата, çавăнпа пĕрлех, Германи халăхĕн нацилле законлă интересĕсене пăсни пулать.

Совет Правительстви 1952 çулхи мартăн 10-мĕшĕнчех, Франци, США тата Англи Правительствисене Германипе тумалли мирлĕ договорăн никĕсĕсен проектне пăхса тухма тăратрĕ, ун пирки Франци, Англи тата США Правительствисем хăйсем мĕнле шухăшлани çинчен ку таранччен те пĕлтермерĕç (Германипе тумалли мирлĕ договорăн никĕсĕсен проектне çак нотăпа пĕрле паратпăр). Франци, Англи тата США Правительствисем мирлĕ договор тума çавăн пекех хăйсен проектне те тăратмарĕç. Çакăнтан акă мĕн курăнать: çулте асăннă виçĕ державăн правительствисем Германипе мирлĕ договор тăвас тĕлĕшпе тăракан ыйтăвăн пысăк пĕлтерĕшне тивĕçлипе хакламаççĕ. Германипе мирлĕ договор тăвас ыйту ытларах та ытларах вăраха кайса пырать, куншăн, чи малтанах Франци, Англи тата США Правительствисем ответлă пулса тăраççĕ.

Германипе мирлĕ договор тăвас ыйтăва пăхса тухма килĕшмесĕр, Франци, Англи тата США Правительствисем урăх çулпа кайнă.

Франци, Англи тата США Правительствисем 1952 çулхи майăн 26-мĕшĕнче Аденауэрăн Бонри правительствипе «Виçĕ державăпа Германи Федеральнăй Республикин хушшинчи хутшăнусем çинчен тунă договор» çине алă пуснă, çак договор «Бонри килĕшÿ» ятпа паллă пулса тăрать, çак çултах, майăн 27-мĕшĕнче, Франци, Итали, Бельги, Голланди тата Люксембург Правительствисем Бонри правительствипа пĕрле «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен тунă договор çине алă пуснă, ку договор «Парижри килĕшÿ» ятпа паллă. Çав вăхăтрах «Бонри килĕшÿ» те, «Парижри килĕшÿ» те державăсен агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокĕпе малалла 50 çуллăха тачă çыхăнса тăраççĕ.

Паллă ĕнтĕ, «Парижри килĕшĕвĕн» тĕп шухăшĕ çакă пулать: Хĕвеланăç Германире гитлерла генералсем тата ытти реваншистсем ертсе пынипе хĕçпăшаллă вăйсем тăваççĕ, вĕсене «Европа çарĕ» текенскерĕн составне кĕртеççĕ. Çав çара Çурçĕр Атлантика блокĕн агрессиллĕ тĕллевĕсене пурнăçлама тăваççĕ. «Бонри килĕшÿ» тăрăх вара Хĕвеланăç Германи виçĕ державăна пăхăнса тăракан государство пулса юлать. Çав виçĕ держава, оккупаци статутне ячĕшĕн улăштарнă пулсан та, хăйсен çарĕсене Хĕвеланăç Германирех хăвараççĕ, унăн шалти ĕçĕсене хăйсене кирлĕ пек хутшăнма право илеççĕ, çакă вăл оккупаци йĕркисене улăштарнă условисенче те Хĕвеланăç Германири халăха пусмăрлассине нумай çуллăха хăварать.

Ку вăл çакна пĕлтерет: Бонра тата Парижра тунă килĕшÿсем Германи милитаризмне тепĕр хут вăйлатаççĕ, Хĕвеланăç Германирен вара тĕнчере пуç пулма тăрăшакан ытти державăсен агрессиллĕ планĕсене пурнăçламалли хĕçпăшал туса хураççĕ.

Франци, Англи тата США ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен 1953 çулхи июль уйăхĕнче Вашингтонра пулса иртнĕ канашлăвĕ çинчен пĕлтерниче каланисенчен çакă курăнать: виçĕ держава правительствисем малашне те «Европа çарĕ» туса хумалла, унта Хĕвеланăç Германири хĕçпăшаллă вăйсене кĕртмелли, çак çарта гитлерла генералсем пуç пулса тăмалли плана пурнăçлама май паракан политика тытса пыма йышăннă. Пĕлтерниче тÿрех çапла каланă: «виçĕ ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем хăйсен правительствисем, Атлантика договорĕ тăрăх калаçса татăлнă политикăна çирĕппĕн тытса пыма пĕтĕм вăйран тăрăшнине çирĕплетеççĕ. Çак политикăна Европăри ултă çĕршыври Европăри пĕрлĕх туса хурас ĕç кĕрет. Вĕсем ĕнтĕ çĕр кăмрăкĕпе хурçă пĕрлешĕвĕ туса хунă, вĕсен правительствисем Европăри оборона пĕрлешĕвĕ çинчен договор тунă».

Германи ыйтăвĕ тăрăх Франци, США тата Англи Правительствисем тăнă çул вăл çĕнĕ агресси хăрушă вучахне туса хурасси патне, Европăра çĕнĕ вăрçă хăрушлăхĕ ытларах та ытларах вăйланасси патне илсе пырать. Çак çулпа пырас тени вăл Германие мире юратакан тата демократиллĕ государство туса хурас тĕлĕшпе 1945 çулта Потсдамри конференцире Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем тата Англи тĕнче умĕнче чапăн йышăннă обязательствисенчен — варрипе ку обязательствисене Франци те йышăннă пулнă—пăрăнса кайс тенине пĕлтерет.

Тепĕр çул вăл Германи тăлăхне тăвасăн державăсăн вăрçă чарăннă хыççăн çинĕчех мирлĕ тĕллевсемпе хăйсен йышăннă обязательствисене тивĕçтерсен çул пулса тăрать, вăл çул Европăри мире тĕреклетес интересĕсене тивĕçтерет. Кунта тата, паллах, çакна та шута илмесĕр тăма çук: Потсдамра конференци пулнăранпа сакăр çул иртнĕ, унтанпа сахал мар улшăнусем пулнă, Германи ыйтăвне татăклăн йĕркеленĕ чухне çавсене шута илес пулать ĕнтĕ. Анчах та Потсдамри килĕшĕвĕн тĕп тĕллевĕсем—мире юратакан тата демократиллĕ Германи туса хума пулăшасси — халиччен пекех Европăри мĕнпур халăхсен интересĕсене, вăл шутра Германи халăхĕн интересĕсене те палăртса тăраççĕ, çак тĕллевсене Германипе мирлĕ договор тунипе пурнăçламалла.

Çак задачăна татса пани Германие хăйĕн экономикипе культурине аталантарас ĕçе мĕнпур пысăк майсемпе нихçанхинчен те ытларах вăйлатма условисем туса парать. Çакна никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть: Германи государствине мир тата демократи çулĕпе аталантарса пынипе, мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетме тăрăшакан ытти государствăсемпе туслăн ĕçлесе пымалли çулпа аталантарса пынипе кăна Германие ытти державăсем хушшинче хăйне тивĕçлĕ вырăн йышăнса тăма пултаракан аслă держава пулма çĕнĕрен çĕклентерме пулать. Истори опычĕ çакна кăтартса парать: вăрçă çулĕ вăл Германие пĕр хут çеç мар ĕнтĕ нацилле катастрофа патне илсе пынă, вăрçă хыççăнхи йывăрлăха Германи халăхĕн чăтмалла пулать.

Нимĕн иккĕленмелли те çук, Германипе мирлĕ договор тăвасси вăл Германи ыйтăвне йĕркелес ĕçре питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вăл Европăра мир ĕçне татăклăн тĕреклетме пулăшать, иккĕмĕш тĕнче вăрçине пула тухса тăнă тивĕçлĕ ыйтусенĕ татăклăн татса пама май парать. Çакăн пек тăвассишĕн гитлерла агрессирен асап курнă Европăри государствăсем, чи малтан, Германин кÿршисем питех те интересленеççĕ. Германипе мирлĕ договор туни çакăн пирки те кирлĕ: иккĕ хутчен тĕнче вăрçи кăларнă Германи милитаризмĕ тепĕр хут çĕкленес хăрушлăх пĕтмен-ха, мĕншĕн тесен Потсдамри конференци йышăннă тивĕçлĕ постановленисем çаплах пурнăçа кĕмесĕр юлаççĕ. Германипе мирлĕ договор туни Германи халăхĕ валли çирĕп мир условийĕсем туса парать, Германие пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, мире юратакан демократиллĕ государство пулса аталанма пулăшать, Германи халăхне пĕртанлăх никĕсĕ çинче ытти халăхсемпе пĕр-пĕринпе мирлĕн килĕштерсе ĕçлесе пурăнма май парать.

Франци, Англи, США Правительствисем хăйсем Германипе мирлĕ договор тăвас ыйтăва пăхса тухасшăн мар пулнине договор хатĕрлес ĕçе хутшăнма пултаракан пĕтĕмĕшле Германи правительстви çуккипе ăнлантарса пама пăхаççĕ. Анчах та мирлĕ договор тăвасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма çак сăлтавсене пула килĕшменни вăл чăн-чăн ĕçсемпе килĕшсе тăмасть. Чăннипе илсен, Франци, США тата Англи политики акă мĕн патне илсе пырать. Вĕсем мирлĕ договор çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухассине пĕрмаях вăраха ярса пыраççĕ кăна мар, çакăнпа пĕрлех вĕсем пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хурасси çинчен тăракан ыйтăва татса парассине те пĕрмай вăраха тăсса пыраççĕ, мĕншĕн тесен çак политика вăл Германи пайланса тăнине çаплипех çирĕплетсе хăварас тĕллев, Германи пĕрлĕхне туса хума парас мар тĕллев тытать.

Хальхи вăхăтра хăшпĕр государствăсен парламенчĕсем хытă хирĕç тăраççĕ пулсан та, Бонра тата Парижра çырса хатĕрленĕ килĕшÿсене тивĕçлĕ государствăсем енчен çирĕплетмелле тăвас тесе çĕнĕрен те çĕнĕрен хĕсеççĕ. Çакăн пек хĕсни, уйрăмах США Правительстви енчен хĕсни, Хĕвеланăç Германин хĕçпăшаллă вăйĕсене туса хурассине хăвăртлатас тĕллев, вĕсене Парижра çырса хатĕрленĕ килĕшÿре кăтартса хунă «Европа çарне» кĕртес тĕллев тытать. Çапла майпа, Çурçĕр Атлантика блокне кĕрекен державăсене пăхăнса тăракан Хĕвеланăç Германирен çак блокăн планĕсене пурнăçламалли хĕçпăшал туса хурасшăн. Анчах та Хĕвеланăç Германие «Европа çарне» тата çавăнпа пĕрлех Çурçĕр Атлантика блокне кĕртни вăл, Хĕвеланăç Германие текех мире юратакан государство тесе шутлама май çуккине пĕлтерет. Хĕвеланăç Германие «Европа çарне» тата Çурçĕр Атлантика блокне кĕртни Хĕвеланăçпе Хĕвелтухăç Германие пĕрлĕхлĕ государствăна пĕрлештерме май памасть. Пĕтĕм Европăри мире юратакан халăхсем пĕрлĕхлĕ тата мире юратакан Германи туса хурассипе интересленеççĕ. Çавăнпа Германи халăхĕ хăй те интересленет. Анчах та Бонн правительстви Хĕвеланăç Германие агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокне кĕртнĕ хыççăн вара Хĕвеланăçпе Хĕвелтухăç Германие пĕрлештерме иксĕлĕ те май пулмасть. Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ нимĕçсен пысăк пайĕ, Демократиллĕ Германи Республикинче кăна мар тата Хĕвеланăç Германире те, Аденауэр правительстви Хĕвеланăç Германие «Европа çарне» тата Çурçĕр Атлантика блокне кĕртмелли планĕсене хирĕç тăрать; ку тĕлĕшпе илсен, пĕтĕм Европăри мире юратакан халăхсем вĕсем майлă тăраççĕ.

Çакăнта каланисенчен акă мĕн курăнать: Франци, США тата Англи Правительствисем, çавăн пекех тата Аденауэр правительстви, тытса пыракан политика вăл—Германие пĕрлештермелли политика мар тата пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хумалли политика мар, Германие нумай çулсем хушши икĕ пая уйăрса тăмалли политика пулать. Çакнашкал политика вăл демократиллĕ пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хурассине тÿрех хирĕç тăрать. Çапла ĕнтĕ, Германипе тумалли мирлĕ договора пăхса тухассине пĕтĕмĕшле Германи правительстви çук тесе хирĕç тăни вăл мĕншĕн çакăн пек килĕшмесĕр тăнине тĕрĕссипе палăртмасть.

Çÿлте каланисенчен çавăн пекех тата акă мĕн курăнать: Франци, Англи тата США Правительствисен хальхи политики вăл мирлĕ договор çинчен тăракан ыйтăва татса парассине те, Германие мирлĕ, демократиллĕ никĕсем çинче пĕрлештерессине те, демократиллĕ пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хурассине те хирĕç пырать.

Франци, Англи тата США Правительствисем демократиллĕ пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хурасси çинчен тăракан ыйтăва татса парас вырăнне урăх сĕнÿ лартаççĕ. Вĕсем пĕтĕм Германире суйлав ирттересси çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явма сĕнеççĕ, анчах вĕсен çакнашкал суйлавсем ирттерме «условисем туса хурас тĕллевпе тĕрĕслесе тухма» ют государствăсен представителĕсенчен нейтральнăй комисси тенĕскерне уйăрса лартасси çинчен хăйсем панă сĕнÿсене тăватă державăпа пăхса тухма кăна тăрăшаççĕ. Çакна ăна Германире суйлавсем ирттерес ĕçе ют державăсен аллине пама хăтланни, çак тĕллевпе Германи халăхне ют çĕршывсенчен тĕрлĕ йышши «тĕрĕслекен çынсем» ярса пама хăтланни пулать тесе çеç хакламалла. Вĕсем кунта ĕç демократи йĕркисем тĕлĕшĕнчен нумай çулсем хушшинчи традициллĕ Германи çинчен мар, правасăр темĕнле колони çинчен сăмах пынă пек хăтланаççĕ. Çакнашкал сĕнÿ вăл Германи халăхне хăйĕн шалти ыйтăвĕсене татса парассинчен пăрса ярать, çакă вăл Германи халăхне хытă шанманни пулса тăрать. Паллах, çакна хирĕç Германи халăхĕн анлă ушкăнĕсем хытă отпор параççĕ.

Франци, Англи тата США Правительствисен асăннă сĕнĕвĕ тĕпренех Потсдамри решенисенче кăтартса панă демократизм никĕсĕсене хирĕç пырать. Виçĕ держава пĕлтернĕ тăрăх, çак сĕнĕве Аденауэр правительствипе килĕшсе тунă. Аденауэр правительстви вăл Хĕвеланăç Германири капиталистсен шултра монополийĕсен интересĕсене пăхăнса тăрать. Вăл нимĕç халăхĕн демократиллĕ вăйĕсене путарса лартма ĕнерхи гитлеровецсене тата фашистсене ытларах та ытларах ирĕк парать. Аденауэр правительстви Германи милитаризмне тепĕр хут ура çине тăратма тата ют çĕршывсене туртса илес тĕллевпе çĕнĕ вăрçăсем кăларма тăрăшакан нимĕç националисчĕсемпе реваншисчĕсен аллинчи рупор пулса тăрать. Кунта тата çакăн çинчен те манма юрамасть: Аденауэр правительстви Германи ыйтăвĕ тăрăх тăватă держава политикине килĕштермелле тăвассине те ялачах хирĕç тăнă, мĕншĕн тесен вăл хăйĕн кун-çулне Германи милитаризмне çĕнĕрен ура çине тăратмалли плансемпе, Европăра çĕнĕ вăрçа хатĕрленмелли плансемпе çыхăнтарнă. Шăпах та çакнашкал, халăха хирĕç пыракан тĕллевсене пула ĕнтĕ вăл Парижра тата Бонра çырса хатĕрленĕ килĕшÿсене çирĕплеттерме тăрăшать. Çав вăхăтрах ку килĕшÿсем вĕсем Германи халăхĕн нацилле интересĕсене хирĕç пыраççĕ, вĕсем Хĕвеланăç Германирен пăхăнса тăракан государство туса хурассине, Хĕвеланăç Германири халăха нумай çулсем хушши пусмăрласа тăмалла тăвассине пĕлтереççĕ.

Çапла ĕнтĕ, Парижри килĕшÿ те, Бонри килĕшÿ те демократиллĕ Германин пĕрлĕхне туса хурас интересемпе нихăш енчен те çыхăнса тăмасть, çак килĕшÿсен чăн-чăн тĕллевĕ вăл Потсдамри конференцин тĕп принципĕсене хирĕç пырасси пулать. Асăннă конференцире США, Англи тата СССР, çавăн пекех вĕсем çумне хутшăннă Франци, пĕрлĕхлĕ Германие мире юратакан тата демократиллĕ государство туса хума йышăннă.

Çакăнта каланисенчен акă мĕн курăнать: демократиллĕ Германин нацилле пĕрлĕхне туса хурасси çинчен тăракан ыйту вăл Германи халăхĕшĕн тĕп ыйту пулнă тата халĕ те тĕп ыйту пулса юлать. Çак ыйтăва татса парассипе пĕтĕм Европăри мире юратакан халăхсем интересленеççĕ. Нимĕнле сăлтав та çак ĕçе малалла вăраха хăварса пырассине тÿрре кăларма пултараймасть, мĕншĕн тесен халхи условисенче ăна татса парассишĕн США, Англи, Франци тата СССР Правительствисем тĕп ответлăх тытаççĕ. Мĕнле пулсан та Германие пĕрлештерессипе çинчен, демократиллĕ пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хурасси çинчен тăракан ыйтăва майĕпен пулин те татса пама май парам вăхăта тăсмалла мар.

СССР Правительстви Франци Правительствине, çавăн пекех тата Англипе США Правительствисене Германи ыйтăвне йĕркелес тĕлĕшпе халех практикăлла мерăсем йышăнма сĕнÿ тăратать.

Çакăнта каланисем тăрăх Совет Правительстви Германи тĕлĕшпе çак тĕп ыйтусене халех татса пама кирлĕ тесе шутлать:

1. Германипе мирлĕ договор тăвасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма мирлĕ конференци пухмалла.

Совет Правительстви интересленекен мĕнпур государствăсем хутшăннипе çакнашкал конференцие çитес улттă уйăх хушшинче пухма май пур тесе шутлать, мирлĕ конференцие пухассине малалла вăраха хăварса пыма нимĕнле сăлтав та курмасть. Германипе мирлĕ договор тума хатĕрленес тĕлĕшпе туса ирттермелли мĕнпур ĕçсене асăннă срокра туса пĕтерме пулать. Мирлĕ договор хатĕрленĕ вăхăтра мĕнпур ĕçсене тата мирлĕ конференцире Германин тивĕçлĕ представителĕсене хутшăнма май пани кирлĕ. Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хуриччен мирлĕ договора хатĕрлес ĕçе Хĕвелтухăç тата Хĕвеланăç Германири хальхи правительствăсен представителĕсем хутшăнма пултарнă пулĕччĕç.

2. Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хумалла тата пĕтĕм Германире ирĕклĕ суйлавсем ирттермелле.

Мире юратакан тата демократиллĕ пулмалли Германин нацилле пĕрлĕхне туса хурас тĕллевпе Совет Правительстви çапла сĕнет: Демократиллĕ Германи Республикипе Германири Федеральнăй Республикин парламенчĕсен, демократиллĕ организацисем анлăн хутшăннипе, Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хумалла. Çакнашкал правительствăна Хĕвелтухăçпе Хĕвеланăç Германи хушшинче тÿрех килĕшÿ тунипе хальхи Демократиллĕ Германи Республикипе Германири Федеральнăй Республика правительствисем вырăнне туса хума пулать. Хальхи вăхăтра çакăн пек тума йывăр пулсан, Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительствине Демократиллĕ Германи Республикипе Германири Федеральнăй Республика правительствисене пĕр вăхăт хушши çаплипех хăварнипе те тума пулать. Кун пек пулсан, Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви малтанхи тапхăрта, паллах, пÿлĕ хунă функцисемпе кăна усă курать. Çакăн пек пулсан та, çапах та Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви Германие пĕрлештерес сул çинче малалла утăм туса пулнă пулĕччĕ. Пĕтĕм Германире ирĕклĕ суйлавсем ирттерме хатĕрленесси тата ирттересси çинчен Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви туса хунипе Германие пĕрлештерессине вĕçленсе çитмелле.

. Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительствин задачисем:

а) Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительстви пĕтĕм Германишĕн пысăк вырăн йышăнса тăракан, халĕ татса памалли çакнашкал ыйтусене татса пама пултарнă пулĕччĕ: мирлĕ договор хатĕрленĕ чухне Германи интересĕсене палăртса тăрать, çавăн пекех тĕнчери организацисенче хăйсен интересĕсене палăртса тăрать; гитлерла Германие хирĕç хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсемпе вăрçа хутшăннă кирек мĕнле державăна хирĕç пыракан нимĕнле коалицисене е çар союзĕсене те Германие хутшăнтарма памасть; Германи гражданстви çинчен тăракан ыйтусем; демократиллĕ партисемпе организацисене ирĕклĕн ĕçлесе тăмалла тăвать, демократие хирĕç тата мире сыхласа тăрассине хирĕç пыракан фашистла, милитаристла тата ытти çавнашкал организацисене чарса лартать; Хĕвелтухăçпе Хĕвеланăç Германи хушшинчи суту-илÿ ĕçĕсене вăйлатса пырать; транспорт, почта, телеграф çыхăнăвĕсен ыйтăвĕсем; зонăсем хушшинче туса хунă чикĕсене пăхмасăр çынсене ирĕклĕн çÿремелле тата таварсене ирĕклĕн çÿретмелле тăвас ыйтусем; Хĕвелтухăçпе Хĕвеланăç Германи хушшинче экономикăлла тата культурăлла çыхăнусене аталантарасси тата пĕтĕм Германи халăхĕн интересĕсемпе çыхăнса тăракан ытти ыйтусем.

б) Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительствин тĕп задачи вăл пĕтĕм Германире ирĕклĕ суйлавсем ирттерме хатĕрленесси тата суйлавсем ирттересси пулмалла. Çак суйлавсене ирттернипе демократиллĕ Германин обществăпа государство йĕрки çинчен тăракан ыйтăва Германи халăхĕн хăйĕн, ют державăсем хутшăнмасăр, татса памалла.

Вăхăтлăх Пĕтĕмĕшле Германи правительствин пĕтĕм Германире суйлав ирттермелли закон проектне хатĕрлемелле. Çак законăн пĕтĕм Германири суйлавсене чăннипех демократиллĕ йĕркепе ирттерме, демократиллĕ мĕнпур организацисене суйлава хутшăнма май памалла, шултра монополисем енчен суйлавсăсене хĕсме ирĕк памалла мар. Вăл ирĕклĕн решени йышăннинчен пĕтĕм Германире демократиллĕ суйлавсем ирттерме кирлĕ условисем пуррине тĕрĕслесси вырăнлă пулнине йышăнасси тата çак условисене пурнăçлас тĕлĕшпе мерăсем йышăнасси килет.

Çавăнпа пĕрлех, Совет Правительстви çапла тума кирлĕ тесе шутлать: Франци, США, Англи тата СССР Правительствисен пĕтĕм Германире чăннипех ирĕклĕх условийĕсенче суйлавсем ирттерме кирлĕ мерăсем йышăнмалла. Çак суйлавсене ирттернĕ чухне ют державăсем енчен нимĕнле майпа хĕсни те пулмалла мар.

3. Германин вăрçă пирки пулса тухнă ĕçсемпе çыхăнса тăракан финанспа экономика обязательствисене çăмăллатмалла.

Германи вăрçă пирки пулса тухнă ĕçсемпе çыхăннă хăйĕн финанспа экономика обязательствисен пысăк пайне СССР, Франци, Англи тата США тĕлĕшпе пурнăçланине шута илсе, Германи экономикине çăмăллатма кирлине шута илсе, СССР Правительстви çавна май тивĕçлĕ решенисем халех йышăнма кирлĕ тесе шутлать.

а) Совет Правительстви 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа Германие репараци укçисем тÿлессинчен пĕтĕмĕшпех, çавăн пекех тата тăватă державăна вăрçă хыççăнхи государство парăмĕсене тÿлессинчен хăтарма кирлĕ тесе шутлать. Ку шута суту-илÿ обязательствисем тăрăх пулнă парăмсем кĕмеççĕ.

б) Совет Правительстви çавăн пекех тата Германи территорийĕнче тăватă державă çарĕсем тăнипе сыхăннă расхоцсене чакарма кирлĕ тесе шутлать. Çак тĕллевпе çакăн пек сĕнÿ парать: çав çарсене тытса тăма çулталӑк хушшинче тухакан расхоцсен пысăкăшĕ Демократиллĕ Германи Республикипе Германири Федеральнăй Республикин государство бюджечĕн тупăшне 5 процентĕнчен иртмелле мар, кирек мĕнле пулсан та 1949 çулта оккупаци çарĕсем валли тухнă расходсенчен иртмелле мар. Ун чухне оккупаци расходĕсенче Çурçĕр Атлантика блокне туса хунипе пулнă расходсем палăрман.

Совет Правительстви çакăнпа пĕрлех Германие 1945 çул хыççăн тулашри оккупациллĕ расходсем тăрăх тăватă державăна тÿлес тĕлĕшпе пулнă парăм укçине тÿлессинчен пĕтĕмпех хăтарма сĕнет.

Совет Правительстви çакна шанса тăрать: СССР, Франци, США тата Англи хушшинче Германи ыйтăвĕ тăрăх килĕшÿ туни тата çитес çывăх вăхăтра çакăнта çырса панă сĕнÿсем тăрăх решенисем йышăнни тĕнчери çĕршывсем хушшинчи хутшăнусенчи йывăрлăха пĕчĕклетме, çапла майпа мире тата халăхсем хушшинчи хăрушсăрлăха тĕреклетме пулăшĕç.

Çакăн пек нотăсем Совет Правительстви Англипе США Правительствисене те ярса панă.

Мускав, 1953 çулхи августăн 15-мĕшĕ.

# СОВЕТ ПРАВИТЕЛЬСТВИН ПРОЕКЧĔ

## Германипе тумалли мирлĕ договор çинчен

Германипе вăрçма чарăннăранпа çичĕ çула яхăн иртрĕ. Анчах Германин халĕ те мирлĕ договор çук, вăл пайланнипех юлать, вăл çаплах ытти государствăсем тĕлĕшпе пĕр тан мар йĕркере юлать. Çавăн пек йĕрвеллĕ мар лару-тăрăва пĕтерни кирлĕ. Ку вăл мире юратакан мĕнпур халăхсен шухăш-ĕмĕчĕсемпе килĕшсе тăрать. Германипе хăвăртрах мирлĕ договор тумасăр, Германи халăхĕн нацилле законлă интересĕсене тĕрĕс пурнăçласа пыма май туса пама çук.

Германипе мирлĕ договор туни Европăри мире тĕреклетес ĕçре пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать. Германипе тунă мирлĕ договор иккĕмĕш тĕнче вăрçине пула тухса тăнă ыйтусене татăклăнах йĕркелесе çитерме май парать. Европăри гитлерла агрессирен инкек курнă государствăсем, уйрăмах Германипе кÿршĕллĕ государствăсем, çав ыйтусене йĕркелессипе хытă интересленеççĕ. Германипе мирлĕ договор туни тĕнчери лару-тăрăва пĕтĕмĕшпе лайăхлатма, çапла майпа çирĕп мир тума пулăшать.

Германи милитаризмĕ иккĕ хутчен тĕнчери вăрçăсене пуçарчĕ, халĕ Германи милитаризмне çĕнĕрен çĕклентерес хăрушлăх пĕтмен, мĕншĕн тесен Потсдамри конференцире йышăннă тивĕçлĕ постановленисем çаплах пурнăçа кĕмесĕр юлаççĕ. Çакă вăл Германипе мирлĕ договор тăвас ĕçе васкатма хушать. Германипе тунă мирлĕ договор Германи милитаризмĕ çĕнĕрен çĕкленессине тата Германи агрессиллĕ ĕç тăвассине сирсе яма май памалла.

Германипе мирлĕ договор туни Германи халăхĕшĕн мирлĕ пурăнмалли çирĕп условисем туса хурать. Мирлĕ договор туни Германие, Потсдамри постановленисемпе килĕшÿллĕн, пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ тата мире юратакан государство пулса, малалла аталанса пыма пулăшать тата Германи халăхне ытти халăхсемпе мирлĕ килĕштерсе ĕçлесе пурăнма май парать.

Çаксене шута илсе, Совет Союзĕн, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен, Великобританипе Франци Правительствисем Германипе тумалли мирлĕ договора хатĕрлеме пĕр тăхтаса тăмасăр тытăнма йышăнчĕç.

СССР, США, Великобритани тата Франци Правительствисем мирлĕ договор хатĕрлес ĕçе пĕтĕмĕшле Германи правительстви урлă Германи хутшăннипе тумалла тата Германипе тумалли мирлĕ договора çак никĕссем çинче тума кирлĕ тесе шутлаççĕ:

## Германипе тумалли мирлĕ договорăн никĕсĕсем

### ДОГОВОР ТУНĂ ÇĔРЕ ХУТШĂНАКАНСЕМ

Великобритани, Совет Союзĕ, США, Франци, Польша, Чехословаки, Бельги, Голланди тата Германие хирĕç пынă вăрçа хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсемпе хутшăннă ытти государствăсем.

### ПОЛИТИКĂЛЛА ПОЛОЖЕНИСЕМ

1. Германие çĕнĕрен пĕрлĕхлĕ государство туса хумалла. Çапла майпа Германи пайланса тăни пĕтет, пĕрлĕхлĕ Германи никама пăхăнса тăман, демократиллĕ, мире юратакан государство пулса малалла аталанса пыма май илет.

2. Оккупацилесе тăракан державăсен мĕнпур хĕçпăшаллă вăйĕсене мирлĕ договор вăя кĕнĕ кунтанпа пĕр çулталăкран кая юлмасăр Германирен илсе тухмалла. Çакăнпа пĕр вăхăтрах ют çĕршывсен çарĕсен Германи территорийĕнчи мĕнпур базисене пĕтермелле.

3. Германи халăхне демократиллĕ правăсемпе усă курма май туса памалла. Закон тăрăх Германи гражданĕсем пулса тăракан мĕнпур çынсем, вĕсем мĕнле расă çыннисем пулнине, арçын е хĕрарăм пулнине, вĕсем мĕнле чĕлхепе калаçнине е мĕнле тĕне ĕненнине пăхмасăр, çын прависемпе усă курма, ирĕклĕ пурăнма, çав шутра сăмах, пичет, тĕн, политикăлла шухăш-кăмăл ирĕклĕхĕсемпе пухусем ирттермелли ирĕклĕхпе усă курма пултарччăр.

4. Германире демократиллĕ партисемпе организацисене ирĕклĕн ĕçлеме май памалла, вĕсене хăйсен шалти ĕçĕсене ирĕклĕн татса пама, съездсемпе пухусем ирттерме, пичет ирĕклĕхĕпе тата кĕнекесем кăлармалли ирĕклĕхпе усă курма право памалла.

5. Германи территорийĕнче демократие хирĕçле тата мире сыхласа хăварас ĕçшĕн тăшмалла организацисене ирĕк памалла мар.

6. Ĕлĕк нимĕçсен çарĕнче службăра пулнă мĕнпур çынсене, çав шутра офицерсемпе генералсене, ĕлĕк нацистсем пулнă мĕнпур çынсене, хăйсем преступленилле ĕç тунăшăн сут приговор йышăннă тăрăх тĕрмере ларакансемсĕр пуçне, ытти мĕнпур нимĕç гражданĕсемпе пĕрле мире юратакан, демократиллĕ Германи тăвас ĕçе хутшăнма гражданла тата политикăлла пĕр тан правăсем памалла.

7. Германие хирĕç пынă вăрçа хăйĕн хĕçпăшаллă вăйĕсемпе хутшăннă кирек мĕнле державăна хирĕçле нимĕнле пĕрлешÿсене те, çар союзĕсене те хирĕç кĕрес мар çинчен Германи обязательство парать.

### ТЕРРИТОРИ

Германи территорийĕ аслă державăсен Потсдамри конференцийĕн постановленийĕнче палăртнă пек пулать.

### ЭКОНОМИКĂЛЛА ПОЛОЖЕНИСЕМ

Германин мирлĕ экономикине аталантарас ĕçре ним енчен те чарса пÿлмелле мар йĕрке тумалла, çав экономика Германи халăхĕн пурнăçне лайăхлатса пыма пулăшмалла.

Германие ытти çĕршывсемпе суту-илÿ тăвас, тинĕссемпе усă курас, тĕнчери рынoксемпе çыхăнас енĕпе нимĕн енчен те пÿлмелле мар.

### ÇАР ЕÇĔНЧИ ПОЛОЖЕНИСЕМ

1. Германие çĕршыва хÿтĕлеме кирлĕ чухлĕ хăйĕн нацилле хĕçпăшаллă вăйĕсене (çĕр çинчи çар, сывлăш-çар тата тинĕс-çар вăйĕсене) тытса тăма ирĕк памалла.

2. Германие çар материалĕсемпе техника тума ирĕк параççĕ, анчах çак материалсемпе техника шучĕ тата вĕсем мĕн йышши пуласси Германипе мирлĕ договор тăрăх тытма ирĕк панă хĕçпăшаллă вăйсене кирлинчен ытла пулмалла мар.

### ГЕРМАНИ ТАТА ПĔРЛЕШНĔ НАЦИСЕН ОРГАНИЗАЦИЙĔ

Германипе мирлĕ договор тунă государствăсем Германин хăйне Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн членне илме ыйтнине хутшăнма килĕшеççĕ.

# Малта пыракансем пек ĕçлеме вĕренмелле

### (Финанс ĕçĕнчи опытран)

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне тата укçан памалли пĕррремĕш премие кăçалхи иккĕмĕш кварталта Красноармейски районĕнчи финанс работникĕсем илме тивĕçлĕ пулчĕç. Иртнĕ кварталти ĕмĕрту итогĕсем тăрăх укçан памалли иккĕмĕш премие Канаш районĕнчи финанс работникĕсем, виççĕмĕш премие — Первомайски районĕнчи финанс работникĕсем илчĕç.

Красноармейски районĕнчи финанс пайĕн работникĕсем ăмăртура мала тухни вĕсем хăйсен ĕçне пĕлсе туса пынинчен тата тăрăшса ĕçленинчен килчĕ. Унта, пĕтĕм ĕçе кадрсем тăтса панине асра тытса, укçа-тенкĕ пухас енĕпе ĕçлеме пултаруллă агентсем уйăрса лартнă, вĕсене малта пыракан финанс работникĕсен паха опычĕпе паллаштараççĕ, вĕсен политикăлла ăнланулăхне ÿстерсе пыраççĕ.

Районти финанс работникĕсенчен чылайăшĕ, политикăлла пĕлĕве ÿстерни государствăшăн та, хăйсемшĕн те усăллине ăнланса, иртнĕ вĕренÿ çулĕнче политшкулта тата парти историне вĕренмелли кружокра тăрăшса вĕреннĕ. Районти укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе ĕçлекенсем валли политика тата экономика ыйтăвĕсем тăрăх час-часах лекцисем ирттереççĕ.

Красноармейски районĕнчи налог агенчĕсем халăх массипе тачă çыхăнса ĕçлеççĕ. Халăха пирĕн партипе правительство решенийĕсене ăнлантарса пăраççĕ. Çавна май вĕсем ялсенче хăйсене яланах пулăшса пыракан çынсене йышлă тупаççĕ, ку вара вĕсене хушнă ĕçе вăхăтра тата тĕплĕн пурнăçлама май парать.

Финанс аппаратĕнче ĕçлекенсем яланах халăхпа пĕрле пулмалла, колхозниксен пухăвĕсене çÿремелле, кашни колхозникпа калаçмалла, государствăна закон тăрăх вăхăтра тÿленĕ укçа сĕршыв хуçалăхне пысăк усă пани çинчен каласа кăтартмалла. Çапла майпа ĕçлеççĕ ĕнтĕ асăннă районти финанс работникĕсем. Çавăнпа та вĕсем мала тухрĕç.

Тĕслĕхрен, çав районти налог агенчĕ Васильев юлташ мĕнле ĕçленине илер. Унăн участокĕ пысăк. Анчах вăл, хăйĕн ĕçне лайăх йĕркелеме пĕлнипе, налогсемпе укçа-тенкĕ парăмĕсене яланах вăхăтра пухать. Агент пулса вăл нумайранпах ĕçлет. Çав вăхăт хушшинче укçа-тенкĕ пухмалли плана тултараймани пулманпа пĕрех. Хăйне шанса панă ĕçе вăхăтченех пурнăçланăшăн Васильев юлташа 1952 çулта Чăваш АССР Финанс министрĕ премии панă. Вăл кăçалхи пĕрремĕшпе иккĕмĕш кварталсенчи плансене те лайăх тултарнă.

Васильев юлташ хăйĕн ĕçне мĕнле йĕркеленĕ-ха? Вăл ĕççыннисене вăхăтра тÿленĕ кашни тенкĕ укçа государствăна мĕнле пысăк усă пани, вăхăтра тÿлейменни вара государствăшăн та, хамăршăн та сиенлĕ пулни çинчен тĕплĕн ăнлантарса парать. Укçа-тенкĕ тÿлекенсемпе тĕл пулсан, вăл вĕсене пилĕк çуллăх планăн пысăк задачисем çинчен, çĕнĕ стройкăсем çинчен, ялти, районти, республикăри пурнăç çинчен тĕплĕн ăнлантарать. Укçа-тенкĕ вăхăтра тÿлекенсем çинчен Васильев юлташ колхоз пухăвĕсенче каласа парать, вĕсем хăйсен пархатарлă тивĕçне пурнăçлани çинчен стена хаçачĕсем çинче çутатать. Вăл ял Совечĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлет, ялсене палăртса хунă кунсенче вăхăтра тухса çÿрет, çавăнпа вăл хăçан яла пырассине колхозниксем малтанах пĕлсе тăраççĕ.

Çапла вара финанс работникĕсем халăхпа тачă çыхăну тытни, государствăна тÿленĕ укçа-тенкĕ мĕнле ĕççене тума кайни çинчен ăнлантарса пани колхозниксен ăнланулăхне ÿстерет, финанс планне вăхăтра пурнăçлама пулăшать.

Пирĕн республикăри финанс работникĕсем Мари АССР-ĕнчи финанс работникĕсемпе ăмăртса ĕçлеççĕ.

**Н. ЯСНОПОЛЬСКИЙ.**

## Хĕрлĕ ялав панă

ЕЛЧĔК. Финанс планне срокчен тултарассишĕн пыракан социализмла ăмăртура «Патреккел ял Совечĕ мала тухрĕ. Ку ял Совечĕ II-мĕш кварталти финанс планне 174,9 процент пурнăçларĕ.

Ял Совечĕ активпа тачă çыхăнса ĕçлет, активистсем укçа-тенкĕ парăмĕсене чи малтан хăйсем тÿлесе татаççĕ, депутатсемпе пĕрле ĕççыннисем хушшинче ăнлантару ĕçне лайăх туса пыраççĕ. Яланхи комисси тата исполком ларăвĕсенче кашни квартал хыççăн финанс планне, ял Совет бюджечĕ мĕнле пурнăçланнине пăхса тухаççĕ, çакăн хыççăн ку ыйтăва сессинче сÿтсе яваççĕ.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем (1953 çулхи кăларăм) сарас тĕлĕшпе те ял Совечĕ лайăх ĕçлерĕ. Заем укçи çиеннчех пухса пĕтернĕ. Ял Совет председателĕ А. Левый, налог агенчĕ К. Доброхотова юлташсем халăхран укçа-тенкĕ пухас ĕçе лайăх йĕркеленĕ.

Райсовет исполкомĕ II-мĕш кварталти финанс планне ирттерсе тата пысăк пахалăхпа пурнăçланăшăн Патреккел ял Советне куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав памалла тунă.

Районта 8 ял Совечĕ финанс планне ирттерсе тултарчĕç.

Аслă Елчĕк, Вăрăм Хăва, Тăрăм, Аслă Пăла Тимеш ял Совечĕсем те иккĕмĕш кварталта лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕç. Асăннă ял Совечĕсем халăхран укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе халĕ ăнăçлă ĕçлесе пыраççĕ.

**В. ЕРТМАКОВ.**

### *Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх*

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Етĕрне районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхозра ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсса ĕçлени, ĕç дисциплинни япăхни, хăшпĕр çынсем пурлăха çаратни, çак ситменлĕхсене пула колхоз юлса пыма тытăнни çинчен çыру килнĕччĕ. Редакци çырăва Етĕрне райисполкомĕн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленине тивĕçлĕ мерăсем йышăнма янăччĕ.

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ пĕлтернĕ тăрăх, колхоз председательне Александрова вырăнтан кăларнă.

# Хамăр республикăра

## Рабочисем вĕренеççĕ

ÇĔМĔРЛЕ. «Большевик» заводра ĕçлекен чылай рабочисемпе работницăсем ĕç хыççăн вăтам шкулта вĕренсе хăйсен пĕлĕвĕсене ÿстереççĕ. Тамара Шефер, Николай Шлямин, Григорий Шараськин юлташсем, автогаражра учетчик пулса ĕçлекен Виктор Леонтьев, Аслă Отечественнăй вăрçă инвалидĕ Владимир Латышев, Тамара Белянина мастер тата ыттисем те кăçал ĕçрен уйрăлмасăр вĕренсе вăтам шкул пĕтерчĕç. Заводри 11 рабочи халĕ çамрăк рабочисен вăтам шкулĕнче вĕренет.

Кăçал вăтам шкултан вĕренсе тухнă В. Леонтьев Киеври металлурги институтне, Т. Белянина—Мускаври çăмăл промышленность институтне, Г. Шараськин—Минскри профсоюзсен аслă шкулне, В. Латышевпа Н. Шлямин,—Днепропетровскинчи индустриальнăй техникума вĕренме кĕнĕ.

Кунсăр пуçне, заводри чылай рабочисем ĕçрен уйрăлмасăр харпăр хăй тĕллĕн вĕренсе тĕрлĕ специальноçсем илеççĕ. Çичĕ рабочи икĕ тĕрлĕ специальноçа, 60 çын бригадирсемпе мастерсен пĕлÿлĕхне ÿстермелли курсра вĕренет.

**И. ЕВГЕНЬЕВ.**

## Пĕлÿсене ÿстерчĕç

Çак кунсенче Шупашкарта районсенчи фельдшерсен семинарне ирттерчĕç.

Семинарта куç чирĕсенчен сыватмалли çĕнĕ меслетсемпе паллашрĕç. Юлашки вăхăтра куç чирĕсенчен сыватас тĕлĕшпе совет медицина науки тунă çитĕнÿсем çинчен Ю. Каменицкая доцент, Чăваш АССР-ĕн тава тивĕçлĕ врачĕ, медицина наукисен кандидачĕ А. Шульценкова, врач Р. Рыбникова юлташсем лекцисем вуласа пачĕç.

В. Долженко врач трахома чирĕнчен сыватас тĕлĕшпе хăй туса ирттернĕ тĕпчев ĕçĕсемпе паллаштарчĕ.

Семинар фельдшерсен пĕлĕвне ÿстерме нумай пулăшрĕ.

**В. НАУМОВ.**

## ДОСААФ кружокĕсенче

ЙĔПРЕÇ. Районти ДОСААФ организацийĕсем çумĕнчи кружоксенче колхоз çамрăкĕсем тĕрлĕ специальноçа вĕренеççĕ.

Çак кунсенче тĕл пеме вĕренмелли кружок членĕсен ăмăртăвĕ пулчĕ. Унта чылай çамрăксем пăшалтан тĕл пеме пултарнине кăтартрĕç. Мотокружокран вĕренсе тухнă чылай çамрăксем хăйсем мотоциклсем туяннă.

Трактористсемпе шоферсем вĕрентсе хатĕрлекен кружоксенче те çамрăксем йышлăн вĕренеççĕ.

**Г. РУСАНОВ.**

## Симфониллĕ оркестр гастролĕсем

Чăвашсен симфониллĕ оркестрĕ çулсеренех республикăри хуласемпе районсенче тата ытти республикăсемпе облаçсенче гастрольре пулать.

Кăçалхи сезонта оркестр республикăри нумай хуласемпе районсенче пулчĕ. Симфониллĕ оркестр коллективĕ Мари республикин тĕп хулинче — Йошкар-Олара та концертсем пачĕ.

**П. КРАСНОВ.**

## Ункăçум гидроэлектростанцийĕ ĕçе кĕчĕ

Кăçалхи августăн 16-мĕшĕ Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсемшĕн паллă кун пулса юлчĕ. Çак кун вĕсен тахçанхи ĕмĕчĕ пурнăçа кĕчĕ.

— 1930 çулта, колхоз организациленĕ çул, пирĕн ял çыннисем колхоза «Унгастрой» ятлă парасшăнччĕ,—тесе каласа парать Шурçырма ял Совет председателĕ С. Иванов юлташ.—Ункă шывĕ тăрăхĕнчи колхозсен членĕсем çак шыв çинче электростанци туса, унăн вăйĕпе хуçалăхра усă курасса шансах тăнă. Анчах вак колхозсемшĕн шыва пăхăнтарасси çăмăллах пулман. Колхозниксем халĕ ăна пĕрлешнĕ вăйпа пăхăнтарчĕç. Ункăçум ГЭС-ĕ ĕçе кĕчĕ.

— Çак гидроэлектростанци республикăра 78-мĕш станци шутланать. Вăл хăйĕн çирĕплĕхĕпе тата пахалăхĕпе чи лайăххисенчен пĕри — терĕ республикăри «Сельэлектро» кантурĕн представителĕ Д. Селихов юлташ.—ГЭС кĕперĕ 20 тонна таран йывăрăша чăтать. Ку кĕпер урлă пур йышши автомашинăсем те касса çÿреме пултараççĕ. Ăна чулпа бетонран тунă.

Ункăçум ГЭС-не тума 735 пин тенкĕ укçа расходланă. Вăл шутран государство колхоза 359 пин тенкĕ кивçен парса пулăшнă. Станци тума 3.500 кубометр чул, 290 тонна цемент, 900 тонна хăйăр, 400 кубометр йывăç кирлĕ пулнă. Кусемсĕр пуçне çĕр ĕçĕ нумай тума тивнĕ.

Çĕнĕ гидроэлектростанцие ĕçе яни колхозниксемшĕн пысăк уяв пулса тăчĕ. Савăнăçлă митинга 500 çынна яхăн пуханчĕ. Вĕсем пурте тенĕ пекех çак станцие тунă çĕрте ĕçленĕ.

— Халиччен эпĕ гидроэлектростанци курманччĕ. Халĕ акă хамăр вăйпа тунă электростанцие ĕçе яратпăр,—тет 70 çултан иртнĕ Филипп Сергеевич Сергеев. Вăл строительствăра хастарлă ĕçлекенсенчен пĕри пулнă: пĕлтĕр 350 ĕçкунĕ, кăçал 300 ĕçкунĕ тунă.

ГЭС ĕçе кĕни[illegible]ĕр ватă колхозника Филипп Поликарповича та чĕререн савăнтарать.

— Ытла та савăнăçлă вăхăтра пурăнатпăр эпир,—тет вăл.—Тăван Коммунистсен партийĕпе хамăрăн Совет правительстви пирĕн ыйтусене туллин тивĕçтерсе пыма тăрăшни савăнтарать.

Каçхине, 8 сехетре, колхоз председателĕ С. Ильин юлташ лентăна касса татать. ГЭС механикĕ Я. Анисимов рубильника пусать те, пур çĕрте те—урамсенче, колхозниксен килĕсенче Ильич лампочкисем çуталса каяççĕ.

— Электростанцие ĕçе яни,—терĕ С. Ильин юлташ,—артель хуçалăхне аталантарма пысăк майсем парать. Халĕ 6 итеме механизацилерĕмĕр. Кĕркунне арманпа çăм тапакан машинăна, выльăх апачĕ турамалли машинăсене те электричество вăйĕпе ĕçлеттерĕпĕр. Кăçал пурĕ 13 мотор ĕçлемелле. Çитес çулсенче эпир выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçсене механизацилесе çитерме май илтĕмĕр. Ĕнесем сăвас, сурăх çăмĕ касас, выльăхсене шăварас ĕçсене электричество вăйĕпе тăвăпăр. Çакă выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша чылай ÿстерет.

Митингра тухса калакан колхозниксем хăйсен ĕçĕ çăмăлланни, пурнăç лайăхланса пыни çинчен калаççĕ, пурте савăнăçлă пурнăçшăн партипе правительствăна тав тăваççĕ.

ГЭС-а ĕçе янă ятпа ирттернĕ савăнăçлă митингра КПСС обкомĕн секретарĕ Н. А. Шмаков юлташ сăмах каларĕ.

— Эсир тунă ГЭС партипе правительство колхоз хресченĕсен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшни çине ĕçпе ответлени пулĕ. ГЭС колхозниксене ялхуçалăхĕнче вăраха ямасăр татса памалли задачăна—апат-çимĕç продукчĕсемпе чĕртавар питĕ нумай туса кăлармалли задачăна пурнăçлама пулăшĕ,—терĕ вăл.

Митинг вĕçленнĕ хыççăн пысăк концерт пулчĕ.

Час саланмарĕç ял ĕçченĕсем ГЭС патĕнчен. Концерт пĕтнĕ хыççăн кино курчĕç. Кун хыççăн та станци патĕнче колхозниксем савăнăçлăн калаçса тăчĕç, ырă пурнăç çинчен юрăсем шăратрĕç.

**Н. ОРЛОВ.**
(Хамăр корр.).

Красноармейски районĕ.

## Пултаруллă çамрăксем

КУКЕÇ. Ильич ячĕпе тăракан колхозăн итемĕ çинче электричество вăйĕпе ĕçлекен молотилкăсен, веялкăсемпе сортировкăсен шавĕ татти-сыпписĕр кĕрлесе [illegible] рать. Çапнă тырра çийĕнчех тасатса сортлаççĕ.

Комсомолецсемпе çамрăксенчен организациленĕ транспорт бригади паха тырра хатĕрлев пунктне ăсатса тăрать. Бригадăна колхозри комсомол организаци секретарĕ Юрий Борисов ертсе пырать. Валентин Ярков, Георгий Сергеев тата ытти комсомолецсемпе çамрăксем грузчиксем пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем автомашина çине тырă тиесе пушатас ĕçе хăвăрт та типтерлĕ тăваççĕ.

Транспорт бригади членĕсем хастарлă ĕçлени колхоза Тăван çĕршыва тырă хатĕрлесе памалли обязательствăна срокчен пурнăçлама май парать. Халĕ колхоз августăн 20—25-мĕшĕсенчи график шучĕпе тырă парать. Ю. Борисов бригади хатĕрлев пунктне кунсерен 300—500-шер пăт тырă лесет.

Тырă хатĕрлес тĕлĕшпе малта пынăшăн Ильич ячĕпе тăракан колхоза райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне панă.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсемпе хавхаланса, колхозниксем 1953 çулшăн государствăна тырă памалли обязательствăна çак кунсенчех пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

### Выляв укçи илеççĕ

СЕНТĔРВĂРРИ. «Молния» колхозра заем облигацийĕсене тĕрĕслеме справка сĕтелĕ организацилерĕç. Заем облигацийĕсене тĕрĕсленĕ хыççăн колхозниксен 5.500 тенкĕлĕх выляв укçи тухнине палăртнă.

**П. ГЕРАСИМОВ.**

## Советски районĕнчен килнĕ хыпарсем

★ **Вĕренÿ çулĕ пуçланас умĕн.** Район центрĕнчи вăтам шкул вĕренÿ çулне хатĕрленсе çитрĕ. Шкул хăйне валли электростанци туса çитерет. Малашне классенче, учительсен хваттерĕсемпе интернатра электричество çутатмалла.

★ **Паттăр коммуниста чысласа.** Николай Игнатьевич Соловьев коммунист граждан вăрçи фронтĕнчен таврăнсан ялта кулаксемпе харампырсене хирĕç активлă кĕрешнĕ. Вăл çамрăк совет республикине çирĕплетессишĕн, халăх хуçалăхне юсассишĕн вăй-халне шеллемесĕр ĕçленĕ. 30 çул каялла ăна класс тăшманĕсем — кулаксем тискеррĕн вĕлернĕ. Килтĕш ял çыннисем паттăр коммунист ятне асра тытса пурăнаççĕ. Н. И. Соловьева чысласа ялта памятник лартрĕç.

★ **Колхозниксен тупăшĕ ÿсет.** Пĕрлешсе пысăкланнă «За коммунизм» колхоз членĕсен тупăшĕ ÿссех пырать. Иртнĕ икĕ çул хушшинче 30 колхозник хуçалăхĕ çĕнĕ пÿртсем лартрĕç. Чылай пÿртсем çине тимĕр, черепица, хăма витнĕ. Халĕ колхозри тăвата яла район центрĕнчи радиоузелтан радио кĕртнĕ. Яла хаçат-журнал 200 ытла килсе тăрать. Кăçал нумай колхозниксем велосипедсем, çĕвĕ машинисем, сехетсем, самоварсем туяннă.

★ **Çĕнĕ библиотекăсем.** Иртнĕ çулта районти ялсенче виçĕ библиотека уçнăччĕ. Халĕ Васкассинче, Тури Ачакра, Выла пасарĕнче библиотекăсем ĕçлеме пуçларĕç. Вĕсем таса та çутă çуртсене вырнаçнă, библиотекарьсем пулса вăтам шкулта вĕреннĕ çынсем ĕçлеççĕ. Çĕнĕ библиотекăсенче икшер пин кĕнеке ытла шутланать. Халĕ уçнă библиотекăсем тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте ĕçлекен колхозниксем валли куçса çÿрекен библиотекăсем тунă.

★ **Мотоциклсем туянаççĕ.** Пĕлтĕрхипе танлаштарсан, районти ĕççыннисем мотоциклсем икĕ хут ытларах туяннă. Çак кунсенче район центрĕнчи учрежденисенче ĕçлекен 4 çын хăйсене валли мотоциклсем туянчĕç.

★ **Телефон кĕртнĕ.** Сыхăну кантурĕ пысăк коммутатор вырнаçтарса лартрĕ. Халĕ кашни ял Совечĕпе, учрежденипе телефонпа калаçма пулать. Мăн Чурашри сыхăну уйрăмĕнче те коммутатор вырнаçтарнă. Кунта ял Советне, вăтам шкула, колхоз правленине телефон кĕртнĕ.

## Кĕскен

★ **Аста колхозник.** Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозăн тăватă шыв арманĕ пур. Унта В. Феофанов колхозник вунă çул ытла мельник пулса ĕçлет. Вăл хăйне шанса панă ĕçе лайăх туса пырать. В. Феофанов юлташ пĕр вăхăтрах колхозăн гидроэлектростанци заведующийĕ пулса ĕçлет. Электричество вăйĕпе авăн çапаççĕ, кĕрпе арманĕ авăртаççĕ, хăма çурмалли рамăна ĕçлеттереççĕ тата 300 килте Ильич лампочки çутатать.

**И. КОСТИН.**

★ **Колхоза радиофикацилерĕç.** Етĕрне районĕнчи «Майăн 1-мĕшĕ» колхозра кашни килте радио калаçать. Çитес кунсенче выльăх-чĕрлĕх фермисен çурчĕсене электричество кĕртеççĕ.

**М. ФЕДОРОВ.**

### *Критикăпа библиографи*

# „ÇУРХИ ШЫВСЕМ“

Тургенев—пĕтĕм тĕнчипе паллă писатель, художник-реалист, литература чĕлхин чаплă ăсти. Вырăс халăхĕн «аслă та хăватлă чĕлхи» çинчен каланă чух В. И. Ленин чи малтанах Тургенев ятне асăннă. Аслă писатель хăйĕн тăван чĕлхине виçесĕр юратнă, ун пирки çамрăк литераторсене çапла вĕрентсе каланă: «Хамăр чĕлхене, илемлĕ вырăс чĕлхине, упрăр, вăл—пирĕн пуянлăх, вăл—хамăр чĕлхе ăстисем пире халаласа хăварнă пурлăх», тенĕ.

Тургенев произведенийĕсене чăвашла вуланă чух ирĕксĕрех çак хаклă сăмахсене аса илетĕн те çапла шухăшлатăн: вырăс чĕлхин асамлă ăсти мĕнлерех çырнине, унăн хăйне евĕр уйрăмлăхĕсене мĕн тери палăртса, сыхласа хăвараççĕ-ха пирĕн тăлмачсем? Тата авторăн стильне тĕрĕс тытса пыма, чăвашла та вырăсли пекех калама пулать-и? Ку ыйту критиксене çеç мар, куçаракансене çеç те мар, вулакансене те тивĕçлипех шухăшлаттарма кирлĕ.

Вырăс классикĕсен произведенийĕсене чăвашла куçарас ĕç çулсеренех ÿссе, лайăхланса пырать. Куçаракансен ретне çĕнĕрен çĕнĕ çамрăк литераторсем хутшăнаççĕ. Анчах, çав хушăрах, юлашки вăхăтра куçару ĕçĕ çине кирлĕ пек пăхма пăрахни сисĕне пуçларĕ.

Вырăсларан куçарса кăларнă кĕнекесенче, нумайăшĕнче, «шăйрăклă чĕртерсе сухалани» те, «ал хушши хăварса акни» те ытлашшипех тĕл пулать. Хытăрах каласан, вулакана тепĕр хут шĕрпет вырăнне уйран тăрри сĕнетпĕр.

Кунта эпир Тургеневăн «Вешние воды» повеçне чăвашла мĕнле куçарни пирки сăмах хускатасшăн.*)

Куçаракан тăрăшман темĕ çук, XI, XIV, XXI, XXXI-мĕш сыпăксене, уйрăмах повеçĕн юлашки пайне, тимлесе куçарнă.

*) И. С. Тургенев. Çурхи шывсем. Й. Александров куçарнă. Чăвашгосиздат. 1952 ç.

Вырăс чĕлхинчи идиомăллă сăмах çаврăнăшĕсене вĕсемпе пĕр майлăрах чăваш идиомисемпе куçарма тăрăшнă. Сăмахран: слухом земля полнится — уй куçлă, вăрман хăлхаллă; как гром средь ясного неба—уяр аçа çапнă пек; явлюсь со щитом или на щите—е пуйса, е вилсе таврăнăп т. ыт. те. Кĕске пуплевпе çырнă вырăнсене, уйрăм калаçусене аванах куçарнă. Вăрăм пуплевсене куçарнă чухне вара час-часах оригиналтан пăрăнса кайни, автор стильне, хăшпĕр чухне шухăшне те пăсни сисĕнет.

Тургенев стилĕшĕн çакă характерлă: унăн повеçĕ шăранса вуланать; пуплевсенче яланах ритмика пурри сисĕнет, аллитерацисем, ассонансем час-часах тĕл пулаççĕ (вĕсене пула—произведени чĕлхи çивĕчрех, пиçĕрех, янăравлăрах); Толстойăнни пек хутлă-хутлă пăхăнуллă пуплевсем çукпа пĕрех, анчах уйрăм-тăран определенисем нумай, вĕсене тĕп пуплеврен яланах пауза уйăрса тăрать, вăл паузăсем пуплеври образа асра тытса юлма пулăшаççĕ.

Куçаракан çавна шута илсех кайман пулас. Сăмахран, çакнашкал пуплевсем кăшт та Тургенев çырнине аса илтермеççĕ.

«...ложăна хĕрлĕ, çуллăрах та тарлă, çамрăк, анчах шăлсăр тăрса юлнă, тÿрĕ те вăрăм çÿçлĕ, усăнса аннă сăмсаллă, çара çерçинни пек пысăк хăлхаллă, пĕлме юратакан, айван куçлă, ылтăн куçлăхĕ çине пенсне тăхăнтарнă пуç хĕсĕнсе кĕчĕ», е «...шведски перчетке тăхăннă сулахай аллинче вăл сылтăм перчеткине хунă çуталса тăракан шлепкине тытса тăрать». Ку пуплевсенче мĕн çинчен каланине пĕр хут вуланипе тавçăрса илме йывăр, «стилĕ» пирки калама та кирлĕ мар.

Тургенев чĕлхе тĕлĕшĕнчен питĕ тирпейлĕ пулнă, пĕр сăмахах темиçе хут чен сăлтавсăр асăнман. Куçаракан, çакна вырăна хумасăр, пĕр йышши сăмахсенех кирлĕ-кирлĕ мар çĕрте тирпейсĕр тăкалать. «... удалился той же щегольской, слегка подпрыгивающей походкой», тенĕ вырăна чăвашла çапла «çавăрса хунă»: «...çавăн пекех вĕçкĕнĕн, кăштах сикерех утакан уттипе малалла утса кайрĕ». Е тата: «...ăна хĕр питне хăнăхса çитме вăхăт пулнă пулсан та, хĕрĕн ытарма çук пит-куçĕпе киленсе, хĕртен тĕлĕнсе тăчĕ». Автор, паллах, «хĕр» сăмаха пĕрре кăна асăннă.

«Çурхи шывсем» повеçре ĕçсем пĕрин хыççăн тепри хăвăрт пулса пыраççĕ, кунта тĕп сюжетран пăрăнса кайнисем, тахçан пулса иртнисене асăннисем çук темелле. Повествовани яланах хальхи вăхăт формипе пырать. Анчах куçаракан час-часах курмасăр иртнĕ вăхăт формипе çырать, урăхла каласан, çапла майпа динамикăллă вырăнсене сÿрĕлтерсе, вăйсăрлатса ярать. Курмасăр иртнĕ вăхăт формипе куçарнă тĕлсенче вĕçĕ-хĕррисĕр «пулнă» сăмах куçа курăнса йăлăхтарать. Пĕр абзацрах вăл 5—6 хут (5 стр.). е 8—9 хут (11 стр.) тĕл пулать. Ку ĕнтĕ куçаракан тăван чĕлхе пуянлăхĕсемпе çителĕксĕр усă курнинчен килнĕ.

Поэзи чĕлхин хăвачĕпе илемĕ эпитетсенчен, танлаштарусенчен, метафорăсенчен килет. Тургенев вăл енчен—питĕ ăста. Чăвашла куçарнă хыççăн писатель чĕлхи самаях чухăнланса, мăкалса юлнăн туйăнать, мĕншĕн тесен нумай эпитетсене, определенисене е буквальнă, е тĕрĕс мар куçарнă, е тата куçармасăрах хăварнă («туйăмлă нотăсем»... «ничемлĕ аккордсем»... «флегматикла тус»... «записной книжка»).

Буквализм тени пирĕн куçаракансемшĕн яланах пысăк чăрмав, уйрăмах вăл çамрăк тăлмачсемшĕн хăрушă. «Çурхи шывсем» повеçре буквальнă куçарнă пуплевсем сахал мар, вĕсенчен хăшпĕрне ăнланма та май çук. Акă темиçе тĕслĕх: «Юрлассиц классеклла ĕмĕрĕ»... «трагедиллĕ япаласене вылясчĕ»... «Вĕсем иккĕш те куçне кантăк лартнă»... «Ку таранччен Санин пĕлнĕ Джемма урăх пулмарĕ»... «Ку ĕçре ăна театрта чапа тухасшăн çунса аса илнисем пулăшнă пулас»... т. ыт. те. Вырăслине вуласа пăхмасăр та ку пуплевсене тĕрĕс ăнланма çук.

«Тахçан иртсе кайнă пулни-иртнисем»... «çыртса вырткан шăлĕсем витĕр сывлăша ĕмсе, ассăн сывларĕ»... «Çамкиайĕн пăхса илчĕ»... «Питĕ чипер сар пике»... «Чĕрне тăршшĕ чухлĕ...» тенисем те чăвашлах мар. «Пулни-иртни» тени хăех иртсе кайнине пĕлтерет-çке е «сар пике» тени те чиперринех пĕлтерет! Çавнашкалах «куç айĕн пăхрĕ», «чĕрне хури тăршшĕ», тесен тĕрĕсрех пулĕччĕ.

Тургенев повеçĕнчи геройсем кашни хăйне евĕр, çав хушăрах тата темиçе тĕрлĕ чĕлхепе калаçаççĕ. Çавăнпа та уйрăм персонажсен калаçăвне хытă асăрхас пулать: кашнин калаçăвĕнче унăн чунне-чĕрине куратăн. Диалогсенчи сăмахсене кăштах улăштарсан та пĕр-пĕр персонажăн сăнарĕ улшăнма пултарать. Акă тĕслĕх: Санин Джемма патне çыру çырать, унăн çырăвĕнче качăн вĕри чунĕ, хĕрÿ туйăмĕ сисĕнсе тăрать: «...люблю вас, люблю со всею страстью сердца, полюбившего в первый раз!». Чăвашла куçарнă çырăвĕ тăрăх вара Санин айванрах çын пек туйăнса каять, ун сăмахĕ те айван: «Эпĕ сире юрататăп, пуçласа юратса пăрахнă чĕрен мĕнпур кăварĕпе юрататăп!» Тургеневăн «сире» сăмах ăнсăртран хыçала ÿкмен; «эпĕ» сăмаха хушман пулсан, чăвашла та «сире» хыçалта пулмаллаччĕ; малтан кăшкăруллă, хĕрÿллĕ вуланакан пуплеве халь ирĕксĕрех ляпкăн вулас пулать. Малалла — чăваш халăхĕн юрри-сăввинче юрату çинчен каланă чуна çĕклентерекен е ыраттаракан сăмах тем чухлех, анчах «мĕнпур чĕре кăварĕпе юрататăп» тенисем, хальхи çамрăк сăвăçсен кĕввисенче илтĕнкелессĕ пулсан та, иронилле кăна янăраççĕ. Ют чĕлхерен куçарнă чухне автор стильне тĕрĕс тытса пырасси çак «пĕчĕк япаласене», хурăнишĕн те паллă виçĕ правилăсене» хисеплесе ĕçленинчен килет те ĕнтĕ! Куçаракан вĕсене асрах тытман пулас.

Тургенев произведенийĕсенче час-часах литературăри е искусствăри паллă образсене танлаштару вырăнне илни курăнать. «Çурхи шывсем» повеçре те çавнашкал танлаштарусем нумай (Джемма пĕлĕ Бенедиктов сăвăсенчи топольсенчен те йăрăсрах... Санин юратăвĕ «Севильский цирюльник» оперăри Альмавивăнни пек таса... Санинпа Марья Николаевна юланутпа пыни Бюргер çырнă «Ленора» балладăри пек... Санин—е Эней евĕр е «Дон Жуан» пьесăри командор евĕр... Санинпа Джемма уйрăлни Лаувкипе Ольга уйрăлнине аса илтерет... т. ыт. те) Пушкăн произведенийĕсенчи образсене асăнни уйрăмах нумай тĕл пулать. Çав паллă образсем ку повеçри образсене вăйлатма пулăшаççĕ, çавăнпа вĕсене тĕрĕсрех куçармалла пулнă. «Волнистый лоск волос, как у Аллориевой Юдифи», тенине «çÿçĕсем çемçен кăпăшкаланса, хумлăнхумлăн выртаççĕ,... Аллорийăвă Юдифăнни пек çав», тесе куçарнă. Пĕрремĕшĕнчен,—стильне пăсса пăрахнă, иккĕмĕшĕнчен,—йăнăшсем туса тултарнă. Юдифь—библире асăннă паттăр хĕр; Аллорий (Аллорийăвă мар!)—художник. «Свадьба фигаро» тесе куçарнă; Фигаро—чăвашла куçарсан та çын ячех, пысăк саспаллипе çырмалла.

«Это уж не амазонка пускает коня в галоп—это скачет молодой женский кентавр», тет Тургенев. Ăна çапла куçарнă: «Ку ĕнтĕ лаша çинче сиккипе пыракан амазонка мар, ку çамрăк хĕрарăм кентаврĕ сиксе пырать»... Пĕр пуплеврех темиçе йăнăш (стиль пирки каламăпăр та). Лаша çинче сиккипе пыма çук, лаша çеç сиккипе чупма пултарать. Хĕрарăмăн мĕнле кентавр та пулма пултараймасть. Кентавр—грексен мифологинчен илнĕ образ—этем пуçлă, лаша кĕлеткеллĕ çурма тискер кайăк, çурма тура. «Хĕрарăм-кентавр», тет автор; вăл алхасса кайнă хĕрарăма çав хăрушă образпа танлаштарать. Куçаракан çавна ăнланайман.

«Француз чĕлхипе каларĕ», «Итали чĕлхипе кăшкăрса ячĕ», «Италилле каларĕ» тенисем чăвашла мар. Эпир «Англилле, Российăлла, Германилле, Испанилле калаçать», теместпĕр, апла калани «Англи, Росси, Германи евĕр калаçать» тенине пĕлтерĕччĕ,—акăлчанла, вырăсла, нимĕçле, испанла, япунла, монголла, грузинла, персла, финла...» теме хăнăхнă. Çак принципа пăхăнсан, «французла» тени тĕрĕсрех пулмалла.

Уйрăм сăмахсене пăсса («принчипесса», «принцесса»—«треуголка», «виçкĕтеслĕ шлем» тесе куçарнисем) е сиктерсе хăварса куçарнисем те тĕл пулаççĕ, «Çурхи шывсем» повеçре итальянла, нимĕçле, французла çырнă сăмахсем нумай, вĕсене вара мĕнле пĕлнĕ çапла пичетленĕ, пĕр сăмахах пилĕк-улта тĕрлĕ çырнă.

Айăпĕ кунта редактора та тивет. Тÿрех калас пулать, куçарнă текста редакцилекен (М. Рубцов) урлă выртана тăрăх илсе те хуман. Текстра орфографи йăнăшĕсем нумай, пĕр сăмахах икĕ тĕрлĕ çырни те курăнкалать, чарăну паллисем лартмалли правилăсене пăсни те тем пурлăх. XII-мĕш главаран тÿрех XIV-мĕшĕ пуçланать: XIII-мĕш глава пуçламăшĕ тухса ÿкнĕ те, икĕ глава пĕрлешсе кайнă иккен!

Пур йăнăша та асăнас пулсан—нумай çырмалла. Кунта паллăраххисене çеç кĕскен асăрхаттартăмăр.

Пĕтĕмлетсе каласан, «Çурхи шывсем» повеçе япăх, тирпейсĕр куçарса кăларнă. Ку, паллах, пĕрре те Тургенев произведенийĕсене чăвашла унтан лайăхрах куçарма май çуккине пĕлтермест. Чăваш чĕлхи пуян та илемлĕ; чăвашла пур классиксен произведенийĕсене те тĕрĕс те витĕмлĕ, хĕрÿллĕ те илемлĕ куçарма пулать. Пушкинпа Лермонтов, Чеховпа Горький произведенийĕсене хамăр писательсем куçармассерен тăван чĕлхемĕр пуянланса, çивĕчленсе пынине куратпăр. Çав ÿсĕм çулĕ çинче каялла чакма мар, пĕр вырăнта чарăнса тăма та юрамасть. Вырăс классикĕсен произведенийĕсем пирĕншĕн, чăваш литераторĕсемшĕн,—аслă шкул. Куçару ĕçĕ творчествăлла ĕç, пысăк, ответлă ĕç. Çакна ăнланса илмесĕр вырăсларан чăвашла «çавăрса хума» хăтланни—сиенлĕ ĕç кăна.

Кăçал, И. С. Тургенев вилнĕренпе 70 çул тултарнă тĕле, Чăваш государство издательстви вырăссен аслă писателĕн ытти произведенийĕсене чăвашла куçарса кăларма палăртнă. Вĕсене тăрăшарах, лайăхрах куçарса кăларасса шанас килет.

**Александр АРТЕМЬЕВ.**

# Англипе Америка колонизаторĕсем Суданра тăвакан чее ĕçсем

Суданра кăçалхи кĕркунне пĕрремĕш парламент суйлавĕ пулса иртмелле. Çакна май урăх çĕршывсенчи пичет çак çĕршыври позицисем тата унта пуç пулса тăрассишĕн Англипе Америка хушшинче пыракан кĕрешӳ çинчен юлашки вăхăтра уйрăмах нумай çырать.

Судана 1898 çулта Англи хĕçпăшаллă вăйпа туртса илнĕ. 1899 çулта вара вăл Судана хăйĕн çарĕсем оккупацилесе тăракан Египетпа пĕрле тытса тăрасси çинчен пĕр тан мар килĕшӳ (кондоминиум) тунă. Çак «пĕрле тытса тăрасси» çинчен тунă килĕшĕве пула Англин оккупаци çарĕсене тата колони администрацине тытса тăма тухакан расхода Египетăн хăйĕн тӳсмелле пулнă. Çав администрацире, пĕтĕмĕшпе илсен, Англи чиновникĕсем çеç пулнă.

Судана халиччен Англи çарĕсем оккупацилесе тăраççĕ. Экономикăн тĕп позицийĕсем кунта пĕтĕмпех Англи капиталĕ аллинче. Çĕршывран Англи индустрийĕ, Ланкаширти пир-авăр фабрикисем валли, чĕртавар—çĕр мамăкĕ нумай илсе каять. Пĕтĕм влаçа, чăннипе илсен, Англи генерал-губернаторĕ тытса тăрать.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн, Судан халăхĕ ирĕке тухассишĕн империалистсене хирĕç пыракан кĕрешĕве вăйлатнă май, Англи 1948 çулта «конституци реформине» туса ирттернĕ, Ĕç тăвакан совет «правительство» тата законсем кăларакан пуху туса хунă. Ун чухнехи лейбористсен правительстви, çав ĕçсене туса ирттерсе, Судан «хăйне хăй тытса тăрас» тĕлĕшпе утăм турĕ тесе мухтаннă. Чăннипе вара çак маневра Судан халăхне улталас шутпа туса ирттернĕ, ăна хăй те часах ăнланса илнĕ.

Тĕлĕнмелли çук ĕнтĕ, законсем кăларакан пухăва суйлас тĕлĕшпе 1948 çулта ирттернĕ «суйлава» суйлавçăсен 81 проценчĕ хирĕç тăнă. Ку пухăва шултра феодалсемпе мусульман духовенстви, ют çĕршывсем хыççăн сĕтĕрĕнекен буржуази представителĕсем тата Судан администрацийĕнчи аслă чиновниксем кĕнĕ. Мандатсем нумайăшĕ ют çĕршывсем майлă «Аль-Умма» ятлă феодалла парти членĕсен аллинче. Унăн лидерĕ Абдель Рахман эль-Махди пирки «Нью-Йорк таймс» хаçат çапла çырнă: вăл «яланах Англи майлă ĕçленĕ деятель пулнипе паларса тăнă, Англи ун урлă хăйĕн Суданри политикине пурнăçласа пынă».

Законсем кăларакан пуху Англи правительствине юрăхлă решенисем кăна йышăнать. Унăн кирек мĕнле решенине те генерал-губернатор улăштарма пултарать.

Англири ертсе пыракан ушкăнсем, суя самоуправлени панипе, Суданра никама пăхăнмасăр пурăнассишĕн сарăлса кайнă юхăма пĕтерсе лартасшăн пулнă. Анчах ку ăнăçлă пулма пултарайман. Çĕршывра Англи пуç пулса тăнине пĕтерессишĕн кĕрешӳ сарăлсах пынă. Вăл кĕрешĕве «Суданри ĕçсыннисен профсоюзĕсен демократиллĕ пĕрлешĕвĕ» кăна мар, буржуазин «Аль-Ашига» ятлă партийĕ те хутшăннă. Çакăнпа пĕр вăхăтрах Египетра ют çĕршыв çарĕсене пĕтĕм Нил айлăмĕнчен кăларса ярассишĕн халăхăн хăватлă юхăмĕ сарăлса кайнă. Çак юхăм хĕснипе тата наци буржуазийĕн интересĕсене шута илсе, 1951 çулхи октябрьте Египет правительстви Англипе Египет хушшинче 1936 çулта тунă питтĕ йывăр договора тата кондоминиум çинчен 1899 çулта йышăннă килĕшĕве пăрахăçа кăларчĕ.

* * *

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçăччен Суданшăн ытларах Англипе Египет хирĕçнĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче вара унăн ĕçне Пĕрлешӳллĕ Штатсем хутшăнма пуçларĕç.

Американецсене Суданра мĕн кирлĕ-ха? Кунта та вĕсем, Британин ытти доминионĕсемпе колонийĕсенчи пекех, чĕрт авăр, тавар сутмалли рыноксене тата стратегилле позицисене хăйсен аллине çавăрса илесшĕн. Суданра çĕр айĕнчен кăларакан хаклă япаласем нумай. Океан леш енчи монополисем Суданри тимĕр тата пăхăр рудишĕн, ылтăншăн, хура тăхланпа çутă тăхланшăн, нефтьшĕн çуннаççĕ. Судан Африка континентĕнче стратеги тĕлĕшĕнчен паллă вырăн йышăнса тăрать. США-ра çавна та шута илеççĕ. Судан территорийĕ тăрăх Нил бассейнĕн вăтам пайĕ сарăлса выртать. Судана хăй аллинче тытса тăракан çĕршыв Нил шывне Египет территорине парса тăрассине контроль туса тăма пултарать. Египетри çĕрĕсĕн ăнăçлăхĕ пĕтĕмпех Нил шывĕнчен килет. Англин паллă инженерĕ Колин Скотт-Менкрифф хăй вăхăтĕнче çапла каланă: «Цивилизацилене хуçа» (Англи е империалистла урăх çĕршыв), Нилăн турри пайне тытса тăрса, «хăй интересĕсемшĕн Египета е шыв айне тума, е ăна пачах шывсăр тăратса хăварма пултарать». Пĕрлешӳллĕ Штатсем халĕ Судана хăйсен аллине çавăрса илесшĕн, çапла вара, Египета хĕсме татах та тепĕр май тупасшăн.

Судана экономикăпа политика тĕлĕшĕнчен пăхăнтарас шутпа США иртнĕ çулăн вĕçĕнче çĕршывăн столицинче Хартумра хăйĕн яланхи представительствине информаци бюровĕ маркипе витсе туса хума пăхрĕ. Çакă Англие пăшăрхантарса пăрахрĕ, вăл Америкăна хирĕçле мерăсем йышăнчĕ.

Суданра колонизаторла тĕллевсем тытнă вăхăтрах Пĕрлешӳллĕ Штатсем халĕ ĕçе çапла кăтартса пыма хăтланаççĕ: вĕсем Египетпа Судан нацийĕсен ыйтăвĕсем майлă тăрса, пĕтĕм Нил айлăмне ют çĕршыв оккупацийĕнчен хăтăлтарасшăн иккен. Çак майпа государство департаменчĕ пĕр самантрах икĕ мулкач тытма — Англи интересĕсем шучĕпе Египетпа Суданра хăй позицине çирĕплетме тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнче тăвакан агрессиллĕ блока Египета кĕртме шутлать.

Америка политикин çав линийĕ кăçалхи çулăн пуçламăшĕнче Англипе Египет хушшинче Судан ыйтăвĕ тăрăх Каирта пулса иртнĕ калаçусенче уççăн палăрнă. Çав калаçусене США вицçĕмĕш енĕ пулса уççăнах хутшăннă. Калаçусем февралĕн 12-мĕшĕнче Англипе Египет хушшинче Судан статусĕ çинчен çĕнĕ килĕшӳ тунипе вĕçленнĕ. Килĕшӳре çапла каланă: 1955 çулта, виçĕсуллăх «переходнăй тапхăр» иртнĕ хыççăн, Судан е Египетпа пĕрлешесси çинчен, е никама пăхăнмасăр пурăнакан государство пулса тăрасси çинчен Судан парламенчĕ татăклă решени йышăнать. «Переходнăй тапхăрта» çĕршыва Англи çарĕсем оккупацилесе тăраççĕ.

Çапла ĕнтĕ, килĕшӳ Египетпа Судан халăхĕн шухăш-кăмăлне тивĕçтерме пултараймасть, Судана никама пăхăнмасăр пурăнма ирĕк памасть. Унтан та ытларах, çав килĕшӳ Египетпа Суданăн нацилле тĕп интересĕсене хирĕç пырать. Килĕшĕве хак парса, Америка пичечĕ тӳрех çапла пĕлтернĕ: унăн тĕп тĕллевĕ—Египета Вăтаçĕр-Хĕвелтухăçĕнчи çар блокне кĕртесси. Судан çинчен тунă килĕшӳ, тесе çырнă «Ньюсуик» журнал, «Англи çарĕсене Суэц каналĕ зонинчен илсе тухас пирки калаçусем пуçласа яма лайăх майсем туса парать». Суэц каналĕн зони çинчен килĕшӳ тусан, тесе çырнă малалла журнал, «чи хăватлă араб государствине — Египета Вăтаçĕр-Хĕвелтухăçĕнчи оборона организацине кĕртме çул уçăлать».

Англипе Египет хушшинче Судан пирки пулса иртнĕ калаçăва Америкăн Каирти посолĕ Кеффери хутшăннин результачĕ килĕшӳре те палăрать. Пĕрлешӳллĕ Штатсем хăйсен представительне Судан парламенчĕн суйлавне сăнаса тăракан комиссине кĕртмелле тунă. США çав комиссире халех ĕнтĕ хуçаланать, унпа вăл Судан ĕçĕсене хутшăнма, Англи позицийĕсене хавшатма усă курать.

«Ньюсуик» журнал ахальтен мар çапла çырнă: «Судан çинчен тунă килĕшӳ Англи влиянийĕ малалла чакса пынине пĕлтерет, кун пирки Лондонра иккĕленмеççĕ ĕнтĕ».

Судан парламентне октябрьте суйласçĕ, вăл хальхи закон кăларакан пухăва улăштарать. Суйлава хатĕрленес ĕç çĕршыва ют çĕршывсен çарĕсем оккупацилесе тăнă условисенче, демократилле организацисене хирĕç террор вăйланнă вăхăтра пулса пырать. Суйлава сăнаса тăма тунă комисси, çемçен каласан, пĕрре те Судан халăхĕн интересĕсемшĕн тăрăшмасть, вăл хальхи вăхăтра суйлав законне тата суйлавçăсен списокне пăхса тухас тĕлĕшпе тăрмашать. Суданăн комиссири виçĕ представителĕнчен пĕри июнĕн 7-мĕшĕнче унăн составĕнчен тухнă, вăл çапла пĕлтернĕ: комисси «ют çĕршыв танатине лекнĕ, унăн ĕçĕ чикĕ леш енчен хушнипе пулса пырать».

Англипе Америка империалисчĕсем вăрттăн чее ĕçсем тума пăрахмаççĕ. Суданри демократилле организацисем хăйсен çĕршывне чăнахах та никама пăхăнмасăр пурăнмалла тăвассишĕн çавăн пек йывăр условисенче кĕрешеççĕ.

**С. ЛОСЕВ.**

# Италири çĕнĕ правительство составĕ

РИМ, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Республика президенчĕн канцелярийĕн пичет агентстви пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: республика президенчĕ августăн 15-мĕшĕнче Джузеппе Пеллана йышăннă. Пелла правительство туса хума хушнине килĕшни çинчен пĕлтернĕ. Пелла президента çĕнĕ правительство членĕсен списокне тăратнă, списока президент ырланă. Çĕнĕ правительствăна çаксене кĕртнĕ: министрсен совечĕн председателĕ, ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ тата бюджет министрĕ—Джузеппе Пелла; портфельсĕр министр — Пьетро Кампилли; портфельсĕр министр—Сальваторе Скоча; шалти ĕçсен министрĕ—Аминторе Фанфани; юстици министрĕ — Антонио Аццара; финанс министрĕ—Эцио Ванони; казначейство министрĕ — Сильвио Гава; оборона министрĕ—Паоло Эмилио Тавиани; сутĕç министрĕ — Антонио Сеньи; ялхуçалăх министрĕ — Рокко Саломоне; çул-йĕр министрĕ—Бернардо Марттарелле; почта, телеграф тата телефон министрĕ—Джузеппе Спатаро; промышленноçпа суту-илӳ министрĕ — Пьеро Мальвестити; ĕçлев тата социальнăй обеспечени министрĕ — Леопольдо Рубиначчи; тулашри суту-илӳ министрĕ — Константино Брешани-Туррони; суту-илӳ флочĕн министрĕ — Фернандо Тамброни, обществăлла ĕçсен министрĕ — Умберто Мерлин.

Республика президенчĕпе каласнă хыççăн Пелла журналистсене çапла пĕлтернĕ: кабинет умĕнче «хăшпĕр васкавлă тĕп ыйтусене татса парас тĕлĕшпе административлă» задачăсем кăна тăраççĕ.

Пелла правительстви парламентпа августăн 18-мĕшĕнче е 19-мĕшĕнче тĕл пулать.

# Демократиллĕ Германи Республикин Министрсен Совечĕ йышăннă решени

БЕРЛИН, августăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ çумĕнчи пичет ведомстви çакăн пек пĕлтернине парать:

1953 çулхи августăн 17-мĕшĕнче пулса иртнĕ чрезвычайнăй ларура Демократиллĕ Германи Республикин Министрсен Совечĕ çакăн пек решени йышăннă:

Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕ Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн правительстви Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов урлă 1953 çулхи августăн 15-мĕшĕнче Аппельт посола панă заявление савăнса тата чĕререн тав туса йышăннă. Министрсен Совечĕ уйрăмах августăн 20-мĕшĕнче Мускава Демократиллĕ Германи Республикин Правительство делегацине яма чĕннĕшĕн тав тăвать тата хăй енчен çапла пĕлтерет: Совет правительствин çакă решенийĕнче вăл Германи халăхĕн демократиллĕ вăйĕсене пысăка хурса шаннине курать.

Пирĕн çĕршыври мирлĕ пурнăçа юратакан мĕнпур çынсем, Хĕвелтухăç тата Хĕвеланăç Германири патриотсем. Мускавра ирттерекен калаçăва чĕререн саламлаç, мĕншĕн тесен çак калаçусем вĕсем пирĕн Германин пĕрлĕхне туса хурас тĕлĕшпе халăхăн вăраха янасăр хăвăртрах татса памалли ыйтăвĕсене татса памалли пулăшаççĕ, татăклă тапхăрта Германипе мирлĕ договор тăвасси çинчен тăракан ыйтăва кăларса тăрататççĕ.

Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕ Совет Правительствине: Мускаври калаçусем Демократиллĕ Германи Республикипе Совет Союзĕ хушшинчи туслă хутшăнусене малалла аталантарас ĕçре çĕнĕ тапхăр пулса тăрать, тесе калассине йышăнать.

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн правительстви августăн 15-мĕшĕнче Франци, Великобритани, США правительствисене панă нота Германи ыйтăвне Германи халăхĕн интересĕсемшĕн тата Германипе кӳршĕллĕ çĕршывсен хăрушсăрлăхĕн интересĕсемшĕн татса памалли тĕрĕс çул-йĕре кăтартса парать.

Демократиллĕ Германи Республикин Правительство делегацине Совет правительствин представителĕсемпе пĕрле Демократиллĕ Германи Республикипе Советлă Социализмла Республикăсен Союзĕ хушшинчи çыхăнусене аталантарассипе çыхăнса тăракан мĕнпур ыйтусене тата Германи ыйтăвĕсене пĕтĕмĕшпе тивĕçлĕ паянхи ыйтусем çинчен сӳтсе явма полномочи панă.

# Корейăна Совет Çарĕ ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнине уявлани

ПХЕНЬЯН, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Пхеньянра Демократиллĕ Корея Халăх Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсен пысăк парачĕ тата ĕçсыннисен массăллă демонстрацийĕ пулса иртнĕ.

Ирхине ирех хĕвел çуттипе çуталса тăракан, ялавсемпе тата тĕрлĕ пуçтавсемпе илемлетнĕ урамсем тăрăх халăх хула варрине пынă. Тĕп площадьре парада хатĕрленсе çар чаçĕсем вырнаçса тăнă. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин, Совет Союзĕн, Китай Халăх Республикин тата халăх демократи çĕршывĕсен ялавĕсемпе илемлетнĕ трибуна çинче партипе государствăн ертсе пыракан работникĕсем, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин фронтпа ĕç геройĕсем, республикăн пур кĕтессисенчен те килсе çитнĕ хăнасем тăраççĕ. Çавăн пекех трибуна çинче ССР Союзĕн, Китай Халăх Республикин, халăх демократи çĕршывĕсен дипломатиллĕ представителĕсем. Трибуна çине Ким Ир Сен, Ким Ду Бон, Пак Ден Ай, Пак Чан Ок, Цой Чан Ик, Хон Мен Хи тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительствипе Ĕçлев партийĕн ытти руководителĕсем хăпараççĕ. Вĕсене тăвăллăн аллă çупса тата хăватлăн урра кăшкăрса йышăнаççĕ.

Ирхине 10 сехет. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрсен кабинечĕн председателĕн заместителĕ тата Оборона министрĕ вице-маршал Цой Ен Ген парад командующийĕнчен Кив Кван Хеб генерал-полковникран рапорт илет, унпа пĕрле çарсене пăхса çаврăнать. Кун хыççăн Цой Ен Ген трибуна çине хăпарать те сăмах калама тытăнать.

Артиллери салючĕ кĕрлесе каять. Çар оркестрĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин гимнне калать. Çар парачĕ пуçланать.

Парад хыççăн ĕçсыннисен демонстрацийĕ пуçланать. Герой-хула урамĕсем тăрăх, ишĕлнĕ çуртсем умĕпе рабочисем, хресченсем, служащисем, вĕренекенсем иртсе пыраççĕ.

Совет Çарĕ ирĕке кăларнăранпа 8 çул тултарнă ятпа Пхеньянра пулса иртнĕ çар парачĕ тата ĕçсыннисен демонстрацийĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин хăвачĕ ӳссе пынине, пĕтĕм Корея халăхĕ хăйне ирĕке кăларнă Совет Союзне чĕререн тав тунине уççăн кăтартса панă.

Каçхине 9 сехетре Пхеньянра, Вонсанра, Камхынра тата Нампхора уяв ячĕпе салют пулнă.

# Корейăра Хĕрлĕ Хĕрес представителĕсене амантнине хирĕç панă протест

*Синьхуа агентстви пĕлтерни*

ПЕКИН, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ августăн 15-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Тыткăнри çар çыннисене репатриацилес тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин паянхи ларăвĕнче Корейăпа Китай енĕ тепĕр енне Корейăпа Китайăн Хĕрлĕ Хĕрес обществин Хĕрлĕ Хĕресĕн пĕрлешнĕ ушкăнĕнчи представителĕсене ООН командованийĕн хуралĕ Имчжинган юханшывĕ çинчи кĕпер урлă каçнă чухне амантнă пирки хытăн протест панă. Çак представительсене перемири çинчен тунă килĕшӳ условийĕсем тăрăх тыткăнри çар çыннисене пулăшу пама тепĕр енĕ тĕрĕслесе тăракан района янă пулнă.

Корейăпа Китай енĕ панă протестра çапла каланă:

«Хĕрлĕ Хĕресĕн пĕрлехи ушкăнĕнчи ĕçсене йĕркелесе тăракан ушкăнри пирĕн енĕн аслă представителĕ пĕлтернĕ тăрăх, Хĕрлĕ Хĕресĕн пĕрлехи ушкăнĕн Кăнтăр ушкăнне кĕрекен представителĕсене Имчжинган юханшывĕ çинчи кĕпер урлă каçнă чухне хурал персе амантнă. Çав хуралăн вĕсене хӳтĕлемелле пулнă. Çакă вăл питех те юрăхсăр ĕç пулать. Вăл акă мĕн çинчен калать: сирĕн енĕн çар влаçĕсем пирĕн Хĕрлĕ Хĕрес обществин персоналне хирĕç тăвакан киревсĕр ĕçсене чарса лартман кăна мар, пачах урăхла, çакнашкал ĕçсем тата та ытларах вăйланса çитрĕç, сирĕн енĕ Хĕрлĕ Хĕрес обществин çыннисем çине тапăнма пуçларĕ. Çакă вăл перемири çинчен тунă килĕшĕве тата Хĕрлĕ Хĕресĕн пĕрлехи ушкăнĕсен ĕçĕсем çинчен тунă килĕшĕве сĕмсĕррĕн пăсни пулать. Çакнашкал ĕçсем вĕсем, нимĕн иккĕленмелли те çук, пĕтĕм тĕнчери халăха тарăхтарса çитерĕç.

Пирĕн енĕ сирĕн енне татăклă протест парать. Сирĕн енĕн çакнашкал тискер ĕçсене халех чарса лартас пулать, пирĕн аманнă представительсенчен каçару ыйтас пулать, çак ĕçшĕн айăплисене наказани парас пулать, çакнашкал ĕçсем малашне пулмĕç тесе шантарса калас пулать».

Хĕрлĕ Хĕресĕн пĕрлехи ушкăнĕнчи ĕçсене йĕркелесе тăракан ушкăнĕн ларăвĕнче Хĕрлĕ Хĕресĕн икĕ енĕн представителĕсем Корейăпа Китай Хĕрлĕ Хĕрес обществин представителĕсем çине Имчжинган юханшывĕ çинчи кĕпер урлă каçнă чухне тапăнни çинчен халех тĕрĕслесе тухма кашни енчен пĕрер представитель яма йышăннă.

# Çамрăксемпе студентсен пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивалĕ хупăннă

БУХАРЕСТ, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери çамрăксен уявĕ—Бухарестри фестиваль 15 куна пычĕ. Вăл халăхсем хушшинчи мирпе туслăха тĕреклетессишĕн пыракан кĕрешӳре чăннипех çĕнĕ тапхăр пулса тăчĕ. Фестиваль çамрăк ăрăвăн пĕтĕçӳлĕхĕпе пĕрлĕхне, мир çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме хатĕр тăнине кăтартса пачĕ.

Паян каçхине Çамрăксемпе студентсен Пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивальне хутшăннă мĕнпур делегатсен савăнăçлă демонстрацийĕ пулса иртнĕ. 111 çĕршывран килнĕ 30 пин çамрăк, «Мирпе туслăх» тесе кăшкăрса, Мартăн 28-мĕшĕ ячĕпе тăракан площаде пынă. Пĕтĕм тĕнчери çĕршывсенчен килнĕ çамрăк хăнасене Бухарест çыннисем, Румыни çамрăкĕсем савăнăçлăн саламланă.

Мартăн 28-мĕшĕ ячĕпе тăракан площаде 160 пин çын ытла пухăннă. Трибуна çинче—Аслă Халăх пухăвĕн президиумĕн председателĕ Петру Гроза, Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн, Студентсен пĕтĕм тĕнчери союзĕн руководителĕсем, фестивале хутшăннă делегацисен руководителĕсем, миршĕн пыракан тĕнчери юхăмăн паллă деятелĕсем. Демонстрацие пухăннисем Анри Мартэна—Франци халăхĕн мухтавлă ывăлне, миршĕн кĕрешекен паттăра тăвăллăн аллă çупса кĕтсе илеççĕ.

Митинг пуçланать. Трибуна умĕнче—Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн президенчĕ Бруно Бернини. Вăл фестиваль ĕçĕсене итог тăвать, юлашкинчен тĕнчери çамрăксене чĕнсе каланине вуласа парать.

Демократиллĕ çамрăксен гимнĕ савăнăçлăн янăрать. Митинга пухăннисем пурте çак гимна юрлама тытăнаççĕ...

Пĕлĕт çине тĕрлĕ тĕслĕ пиншер ракетăсем ялкăшса хăпараççĕ. Çамрăксен савăнăçĕ, ташăсем пуçланаççĕ.

* * *

Тĕнчери тĕрлĕ çĕршывсенчен суйласа янă çамрăксем мирпе туслăхшăн, çамрăксен таса прависемшĕн, вĕсен телейлĕ малашлăхĕшĕн кĕрешме тупа тунине çĕр чăмăрĕн мĕнпур кĕтесĕсене илсе каяççĕ. Çак чĕнӳ вăл конгреспа фестивалĕн пĕтĕм ĕçĕнче тĕп вырăнта тăнă. Вăл чĕнӳ Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕпе Студентсен тĕнчери союзĕн ялавĕсем айне çамрăксен анлă массисене пĕтĕçтерчĕ.

### ВЕНГРИРИ ĔÇСЫННИСЕМ ПАТТĂР КОРЕЯ ХАЛĂХНЕ ПУЛĂШАÇÇĔ

БУДАПЕШТ, августăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Венгрири ĕçсыннисем паттăр Корея халăхне вăрçă ишĕлтерсе хăварнă хуçалăха юсама пулăшаççĕ. Çак ĕçе строительсем активлă хутшăнаççĕ. Будапештри проектсем хатĕрлекен бюро коллективĕ Корея валли çуртсен техникăлла проектне хатĕрлесе парас ĕçе хăй çине илнĕ. Инженерсен пĕр ушкăнĕ культура çурчĕн типовăй проектне, тепĕр ушкăнĕ—ялти амбулаторисен çурчĕсен проектне хатĕрлесçĕ. Бюро работникĕсем кунсăр пуçне тата рабочисемпе студентсен общежитийĕсен, шкулсен, ача сачĕсен тата ытти çуртсен проекчĕсене хатĕрлеççĕ.

# *Иранри лару-тăру*

ПАРИЖ, августăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Тегеранран çапла пĕлтерет: августăн 16-мĕшĕнче меджлисăн икĕ депутатне Мозаффар Боганне тата Али Зохарине арестленĕ.

ТЕГЕРАН, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине 5 сехетре правительство майлă тăракан ушкăнсем Бахаристан площадĕнче пысăк митинг ирттернĕ.

Пăртак вăхăт иртсен площаде империализма хирĕç кĕрешекен наци обществин членĕсем организациленĕ демонстраци хутшăннă çынсем йышлăн пырса кĕнĕ. Демонстрантсем «Шах килĕнчи каварçăсене вилĕм!», «Шах килĕ наци хирĕç каварсем тăвакан вучах, ăна пĕтерес пулать!», «Колони йĕркине хирĕç кĕрешекен Иран халăхĕн пĕрлĕх фрончĕ сыв пултăр!», «Иран халăхĕ çĕршывран Америка шпионĕсене хуса кăларма ыйтать!», «Сыв пултăр халăх!» текен лозунгсем йăтса пынă.

# Францири забастовка

ПАРИЖ, августăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Париж типографисенче ĕçлекен рабочисен забастовки пуçланнă. Париж хулинче пĕр хаçат та тухман. Хаçатсем провинцисенчи хуласенче те тухман.

Париж хулинчи транспортра, чугун çулсем çинче, шахтăсенче, газ заводĕсенче, электростанцисенче ĕçлекен рабочисен забастовки малалла пырать. Сыхăну работникĕсем, коммунальнăй учреждениесемпе предприятисенче ĕçлекен служащисем металлурги, хими, пир-авăр промышленноçĕсенче ĕçлекен рабочисем халиччен хи пекех забастовка тăваççĕ.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, правительствăпа «Форс увриер» тата Христианла ĕçсыннисен конфедерацийĕ текен профсоюз организацисен руководителĕсем хушшинче калаçусем малалла пыраççĕ.

## *Футбол*

### РСФСР-та МАЛА ТУХАССИШĔН

Футбол вăййипе РСФСР-та мала тухас тĕлĕшпе вăтам Атăл зонине кĕрекен командăсем хушшинчи ăмăрту малалла пырать.

Пирĕн республикăран çак ăмăртăва Чапаевски поселок спортсменĕсем хутшăнаççĕ. Вĕсем Ульяновск тата Уфа хулисенчи спортсменсемпе тĕл пулса выляннă, анчах икĕ хутĕнче те выляса янă.

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче Чапаевски поселок команди Ижевскри «Динамо» обществин командипе тĕл пулса вылярĕ. Вăйă 2:2 шутпа никам çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

### РЕСПУБЛИКĂРА МАЛА ТУХАССИШĔН

Çак кунсенче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн стадион хуçисем «Динамо» спорт обществин футболисчĕсемпе тĕл пулса вылярĕç. «Энергия» спорт обществин футболисчĕсем динамовецсене 6:0 шутпа çĕнтерчĕç.

## Шыв станцинче

Августăн 12—14-мĕшĕсенче Шупашкарти ДОСААФ-ăн шыв станцийĕнче нумай енлĕ спорт ăмăртăвĕсем пулса иртрĕç. Республикăри чи лайăх спортсмен-досаафовецсем шывра ишес, кимĕпе ишес, парус спорчĕ, пĕчĕк калибрлă винтовкăран тĕл перес тата ытти енĕпе ăмăртрĕç.

Ăмăрту 200 метра хăвăрт ишсе тухас тĕлĕшпе пуçланчĕ. Çак дистанцие Шупашкарти ДОСААФ клубĕн членĕ Г. Федоров 4 минут та 08,5 секундра ишсе тухрĕ. 1.500 метр ишмелли ăмăртăва 40 çын хутшăнчĕ. Çак дистанцие чи малтан Етĕрнерен килнĕ В. Волков досаафовец ишсе тухрĕ.

Кĕсменлĕ тата париуслă кимĕсемпе хăвăрт ишмелли ăмăрту питех те вăйлă иртрĕ. Çак ăмăртура ДОСААФ-ăн Шупашкар хула комитечĕпе ДОСААФ клубĕн командисем хушшинче вăйлă кĕрешӳ пулчĕ. Вунă кабельтăлă (1.852 метр) дистанцие ДОСААФ команди чи малтан ишсе тухрĕ. 40 кабельта (7.404 метра) клуб команди хăвăрт ишсе тухса малти вырăна йышăнчĕ.

Пĕчĕк калибрлă винтовкăран тĕл перес тĕлĕшпе А. Шашков (Етĕрне) 100 очкоран 95 очко илсе пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Канат вĕçне инçене ыватас тĕлĕшпе В. Водков (Етĕрне районĕ) пăха тĕслĕх кăтартрĕ, 27,2 метр чухлĕ ыватрĕ.

Водное поло енĕпе Етĕрнепе Шупашкар хулисен командисем хушшинчи вăйă Шупашкар команди çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Ăмăртура мала тухнисене ДОСААФ-ăн республикăри оргкомитечĕн грамотисене тата хаклă парнесем панă.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья:—Колхозниксен ĕçне тĕрĕс организацилемелле.

Тырпул пухса кĕртес ĕç мĕнле пыни çинчен вырăнсенчен килнĕ хыпарсем.

Совет Правительстви Германи ыйтăвĕ тĕлĕшпе Франци, Великобритани тата США Правительствисене панă нота.

И. Петров.— Вырăс рабочи класĕ чăваш халăхне ирĕклĕхшĕн тата наци пулса çĕкленессишĕн кĕрешес ĕçре пулăшни.

И. Кудрявцев.—Юлса пыракан колхозри парторганизаци тата КПСС райкомĕ.

Урăх çĕршывсенчен, Совет Союзĕнчи тата республикăри тĕрлĕ вырăнсенчен килнĕ хыпарсем.

Редактор заместителĕ
**М. Н. ЯКИМОВ.**

### КИНО

«РОДИНА»» — августăн 19-мĕшĕпе 20-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Аринка», ытти сеанссенче — «Варвары»; 16 тата 20 сехетре—пĕрремĕш сери, 18 сехет те 15 минутра тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче — иккĕмĕш сери.

## *Ачасем вут-кăварпа ашкăннă пирки пушар тухасран сыхланăр!*

Ачасем вут-кăварпа ашкăннă пирки, уйрăмах çуллахи вăхăтра, пушар тухни час-часах пулать. Пушар чухне ачасем инкек курни те пулма пултарать. Пушарсем пулни халăха тата государствăна пысăк сиен кӳрет.

Ачасен ашшĕсемпе амăшĕсем! Ачасем вут-кăварпа ашкăннă пирки пушар тухассинчен сыхланăр. Астăвăр: пăхакан çынсăр хăварнă ачасем час-часах вут-кăварпа выляççĕ, вара пушар тухать, ачасем инкек курни те пулать.

Вут-кăварпа ашкăннă пирки пушар тухни ан пултăр тесе, ачасене шăрпăкпа выляма чармалла, вут-кăварпа выляма юраманни çинчен каласа памалла. Килте шăрпăк, краççын, бензин таврашне ачасем илмелле мар вырăнта усрас пулать.

Ачасене пăхакан çынсăр хăварма, килте е хваттерти пӳлĕмре пĕччен питĕрсе хăварма юрамасть. Сăмавар лартма, утюг чĕртме е кăмака хутма ачасене хушни пулмалла мар. Ачасене чĕлĕм туртма, шăрпăкпа выляма тата çуртсем çывăхĕнче кăвайт хума ирĕк памалла мар.

Учительсем, пионер тата комсомол организацийĕсен руководителĕсем! Ачасем вут-кăварпа ашкăннă пирки пушар тухассинчен сыхланас тĕлĕшпе эсир пысăк пулăшу пама пултаратăр.

Шкул ачисене тата вĕсен ашшĕ-амăшĕсене пушартан сыхланасси çинчен ăнлантарса парăр. Хулари тата ялти халăха ачасене воспитани пама—социализмла харпăрлăха тата граждансен пурлăхне пушартан сыхлама вĕрентме пулăшăр. Астăвăр: ăнлантарса парсан, ачасем пушарпа кĕрешес ĕçре пулăшма, пушар тухассин сăлтавĕсене пĕтерме пулăшаççĕ.

Пионерсемпе шкул ачисем! Çемьере дисциплинăллă пулăр, хăвăртан пĕчĕкрех ачасемшĕн ырă тĕслĕх пулăр, вĕсене вут-кăварпа ашкăнма ан парăр. Çамрăк пожарниксен дружинисене члена кĕрĕр. Пушартан сыхланас ĕçе вăйлатăр.

**Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен пайĕ.**

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-20, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НК 06476 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.